ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Март 13 ытларикун № 52 (9731)

Хакĕ 20 пус

39-мĕш çул тухать.



## Колхозсемпе колхозниксен интересĕсемшĕн

«Правда» хаçатра Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ «Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ çинчен тата колхоз производствине организацилес, артель ĕçĕсене йĕркелесе пырас тĕлĕшпе колхозниксен пуçарăвне малалла вăйлатасси çинчен» тата «Колхозниксене кашни уйăхра аванс парасси тата колхозсенче ĕçшĕн хушса тӳлесси çинчен» йышăннă постановленисене пичетленĕ. Çакă пахă документсем колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен малалла тĕреклетес, ялхуçалăхне нумай енлĕн аталантарас, колхоз хресченĕсен материальнăй пурнăçне лайăхлатас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ колхозсен обществăлла хуçалăхне пур майсемпе те аталантарас тата çирĕплетес, ĕç тухăçлăхне малалла ӳстерме никĕс çинче тата государство колхозсене организаципе техника тĕлĕшĕнчен ытларах та ытларах пулăшса пынă никĕс çинче ялхуçалăх производствин мĕнпур отраслĕсене хăвăрт вăйлатас, коллективлă хуçалăха организацилес тата йĕркелесе пырас тĕлĕшпе колхозсемпе колхозниксен хăйсен пуçарăвне аталантарас ĕçе пĕррремĕш вырăна хураççĕ.

«Колхоз стройĕ, çĕнĕ социализмла организаци тата пысăкрах ĕç тухăçлăхĕ туса хурса,—тенĕ ялхуçалăх артелĕн Уставĕ çинчен йышăннă постановленире,—совет ялĕнчи мĕнпур ĕçченсем валли пуян пурнăç патне пыма анлă çул уçса пачĕ. Коллективлă хуçалăхсем организацилесе, Коммунистсен партийĕпе Совет государстви çакна асра тытрĕç тата халĕ те асра тытаççĕ: артель хуçалăхне тытса пырас ĕçе колхозниксемпе колхозницăсем активлă хутшăннă чухне тата вĕсем хăйсен пуçарулăхне анлăн палăртнă чухне кăна колхозсенче ĕç тухăçлăхĕ пысăк пулма тата çĕнĕ обществăлла дисциплина малалла çирĕпленме пултарать».

Колхоз стройне тĕреклетес ĕçре колхозниксен Пĕтĕм Союзри иккĕмĕш съезчĕ йышăннă ялхуçалăх артелĕн Примерлă уставĕ пысăк вырăн йышăнса тăнă. Çак Уставра колхоз юхăмĕн малтанхи çулĕсенче пухнă опыта пĕтĕçтернĕ. Анчах та Устава йышăннăранпа 20 çул ытла иртнĕ ĕнтĕ. Çак тапхăр хушшинче колхозла ял пурнăçĕнче пысăк улшăнусем пулса иртнĕ. Колхозсем нумай отраслĕ хуçалăх тăвас ĕçре пуян опыт пухнă, вĕсем хăйсен аталанăвĕнче çĕнĕ пусăма çĕкленчĕç. Колхозниксен политикăлла ăнланулăхĕ ӳснĕ, рабочи класпа хресченсен союзĕ тата ытларах тĕреклеичĕ. Колхоз производствин çĕнĕ материальнă-техникăлла никĕсне туса хунă. Совет государстви МТС-сене колхозсене ертсе пыракан квалификациллĕ кадрсемпе çирĕплетрĕ. Ялхуçалăхне планлама çĕнĕ йĕрке туса хунă. Çакă вăл колхозсемпе колхозниксене пуçарулăх ĕçлеме анлă çул уçса парать.

Паллах ĕнтĕ, ялхуçалăх артелĕн 20 çул каялла туса хунă Примерлă уставĕ хальхи вăхăтра колхозсен нумай енлĕ ĕçĕсемпе пурнăçне тивĕçтерме пултараймасть. Унтан та ытларах, чылай чухне вăл обществăлла хуçалăха тытса пырас тĕлĕшпе лайăхрах йĕркесем туса хурас ĕçре вĕсен пуçарăвне пӳлсе пырать.

Ятти тӳрĕ шухăшлă кашни ĕçчене пани çакăн пек ыйтусем хумхантараççĕ: кил вырăн участокĕ мĕн пысăкăш пулмалла, колхозниксем хăйсен килĕнче тытакан выльăх йышĕ мĕн чухлĕ пулмалла, колхозсен выльăх ӳстермелли вырăнĕсемпе усă курмалли йĕрке, ĕçкунĕсен минимумне палăртасси, колхозран кăларасси, тупăшсене валеçесси тата ытти нумай ыйтусем. Савăнпа та колхозниксем çакна йĕрĕс палăртаççĕ: колхозниксен килĕсене ялхуçалăх артелĕн Примерлă уставĕнче палăртса хунă тăрăх, колхозсен ĕçлеме пултаракан членĕсем обществăлла хуçалăхра мĕн чухлĕ ĕçленине пăхмасăрах кил вырăн участокĕсем уйăрса пани колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес задачăсемпе килĕшсе тăмасть. Час-часах ĕçкунĕсем сахал тăвакан кахал колхозниксен, хăш чухне вара колхозпа ĕçлĕ çыхăну тытма пăрахнă çынсен те кил вырăн участокĕсем пысăк, вĕсем колхозсен кĕтӳ çӳретмелли вырăнĕсемпе усă кураççĕ, колхозниксем валли тунă ытти çăмăллăхсемпе усă кураççĕ, çав вăхăтрах колхоз членĕсен чи кирлĕ обязанноçĕсене пурнăçламаççĕ.

Колхоз строительствин опычĕ ĕненмелле çакна кăтартса парать: обществăлла хуçалăха пур майсемпе те аталантарса пынипе кăна колхозниксен харпăр хăй ыйтăвĕсене туллинрех тивĕçтерме пулать. Колхозник килĕнчи хуçалăх пулăшакан хуçалăх кăна пулмалла. Вăл колхозăн обществăлла хуçалăхĕ халлĕхе çителĕксĕр аталаннă чухне колхозăн обществăлла нушисене те, колхозниксен нушисене те пĕр вăхăтрах туллин тивĕçтерсе пыма кирлĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ чылай районсенче колхоз демократине пăснисем пулнине палăртнă. Хăшпĕр руководительсем колхозсене производствăн конкретлă условийĕсемпе хуçалăх аталанăвĕн шайне тивĕçтермен пĕтĕмĕшле организацилле формăсемпе хуçалăхла нормативсем йышăнтарнă. Çакăн пек работниксем производствăна лайăхрах мĕнле организацилеме тата тытса пыма ертсе пырас тĕлĕшпе лайăх канашсем парас вырăнне обществăлла хуçалăха аталантарас тĕлĕшпе пĕтĕм нумай енлĕ ĕçе хăйсем йĕркелесе пыма тăрăшнă.

Ялхуçалăх артелĕн Примерлă уставне йышăннăранпа пулса иртнĕ улшăнусене шута илсе, Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ колхозсене Уставăн уйрăм положенийĕсене хăйсем хушса çырма тата улăштарма сĕнӳсемпе канашсем пама кирлĕ тесе шутлаççĕ.

Ялхуçалăх артельне организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес тĕлĕшпе çыхăннă мĕнпур ыйтусене колхозсем хăйсем татса пама пултараççĕ. Кил вырăн çĕрĕ мĕн пысăкăш пулмалли, колхозниксем хăйсен килĕсенче мĕн чухлĕ выльăх тытмалли, ĕçкунĕсен минимумĕ сахалтан мĕн чухлĕ пулмалли çинчен тăракан ыйтусене колхозниксем хăйсен пĕрлехи пухăвĕсенче хăйсем татса паччăр. Çак ыйтусене тата ытти нумай ыйтусене колхозсем умĕнче тăракан тĕп задачăсемпе çыхăнтармалла. Тĕп задачăсем вара çакăн пек: ĕç тухăçлăхне ӳстермелле, ялхуçалăх продукцийĕсем ытларах туса илмелле, колхозсемпе колхозниксен тупăшне ӳстермелле.

Çапла ĕнтĕ, ялхуçалăх артелĕн Уставне тӳрлетӳсем, улшăнусем кĕртсе тата хушса çырсан, ăна колхозниксен пĕрлехи пухăвĕнче йышăнсан тата райисполкомра çирĕплетсен, çак Устав ялхуçалăх артелĕн ĕçĕнче тĕп закон пулса тăрать, ăна çав колхозăн мĕнпур членĕсем çирĕппĕн пăхăнса тăмалла. КПСС Центральнăй Комитечĕпе Министрсен Совечĕ çапла шутлаççĕ: колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсем йышăннă решенисене райисполкомсем артель членĕсене пăхтармасăрах пăрахăçлани тĕрĕс мар.

Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ çинчен йышăннă постановленире çакна палăрта тунă: колхоз производствине организацилес тата артель ĕçне йĕркелесе пырас тĕлĕшпе колхозниксен пуçарулăхне малалла вăйлатни — колхозсенче ĕçсем мĕнле пынишĕн, парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен ответлăхне чакармасть, пачах урăхла, вĕсен ответлăхне ӳстерет. Ĕç интересĕсем çакăн пек туна хушаççĕ: ята политикăлла тата организаторла ĕçсен шайне хăпартмалла, колхозниксен творчествăлла активлăхне ӳстермелле.

Колхоз производствине вăйлатас тĕлĕшпе колхозниксене пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Анлă пулсан та, сайра хутра мар, артель членĕсен интересĕсене тивĕçлипе шута хуманнине курма пулать. Тупăшсене ĕçкунĕсем тăрăх çулталăк вĕçĕнче кăна валеçни ялхуçалăх продукцийĕсем туса илессине ӳстерме пулăшмасть, обществăлла хуçалăха аталантарас ĕçре колхозниксене пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарассине малалла ӳстерес пырас задачăна тивĕçтермест.

Малта пыракан колхозсен ĕçĕ çакна кăтартса парать: колхозниксене кашни уйăхра аванс пани тупăшсене валеçмелли прогрессивлă система пулса тăрать. Çак система ĕç тухăçлăхне ӳстерме, ĕçкунĕн пĕлтерĕшне вăйлатма, обществăлла производствăна аталантарас ĕçре колхозниксене хавхалантарма пулăшать. Колхозниксене ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕркене те тепĕр хут пăхса тухма вăхăт çитрĕ.

Çакна май КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ «Колхозниксене кашни уйăхра аванс парасси тата колхозсенче ĕçшĕн хушса тӳлесси çинчен» йышăннă постановленире укçан илекен тупăша валеçмелли йĕркене улăштарма сĕнеççĕ. Пĕрлехи пухусем йышăннă тăрăх, колхозсем обществăлла хуçалăхăн мĕнпур отраслĕсенчен илнĕ укçа-тенкĕ тупăшĕн 25 процентĕнчен кая мар тата ялхуçалăх продукцине контрактацилленĕшĕн, закуп йĕркипе сутнăшăн тата обязательнăй йĕркепе панăшăн аванс шучĕпе илекен укçа-тенкĕн 50 процентне колхозниксене кашни уйăхра аванс шучĕпе ĕçкунĕсем тăрăх валеçсе пама пултараççĕ. Ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕркене тата çак тӳленĕн пысăкăшне колхозсем хăйсем палăртаççĕ.

Тӳрĕ шухăшлă мĕнпур ял ĕçченĕсем çак пахă мероприятисене пысăка хурса, ырласа йышăнĕç. Çак постановленисене кашни колхозра тĕрĕс пурнăçласа пыни Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене хăвăрт татса пама пулăшĕ.

(«ПРАВДА» хаçатăн мартăн 11-мĕшĕнчи умстатьинчен).

## КПСС XX съезчĕн решенийĕсене пурнăçлама пĕтĕм вăя парар!

### Мускав хулинчи парти активĕн пухăвĕ

**Мартăн 9-мĕшĕнче Кремльти Пысăк Дворецра Мускав хулинчи парторганизаци активĕн пухăвĕ пулса иртнĕ. Унта виçĕ пин çынна яхăн пухăннă.**

Хисеплĕ Президиума Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Президиумне суйлама сĕнӳ парсан, ку сĕнĕве нумайччен тăвăллăн алă çупса ырланă.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн чи пысăк отрячĕсенчен пĕрин представителĕсем партин XX съезчĕн итогĕсем тата Мускав хулинчи парторганизацин задачисем çинчен Е. А. Фурцева юлташ туса панă доклада итлесе сӳтсе явнă.

КПСС XX съезчĕн историлле решенийĕсем,—тенĕ Фурцева юлташ,—партие тата пĕтĕм совет халăхне пирĕн çĕршыва коммунизм обществин тăвассишĕн, пĕтĕм тĕнчере мире çирĕплетессишĕн малалла кĕрешмелли питĕ пысăк программăна хĕçпăшаллантарчĕç. Съезд марксизм-ленинизмăн çирĕп принципĕсен, пурнинчен ытларах коллективлă руководство принципĕн, çĕнтерӳне кăтартса панă демонстраци пулчĕ. Вăл пирĕн Тăван çĕршыв малалла чечекленсе пырассин яр-уçă малашлăхĕсене курса тăракан коммунистсемпе пĕтĕм совет халăхĕн пуçарăвне питĕ çӳлĕ пусăма çĕкленине кăтартса пачĕ.

Съезд партнă пысăк задачăсене пурнăçлама Мускав хулинчи парторганизацинчи коммунистсен чылай пысăк вăй хумалла пулать. Чи малтан ĕçсыннисене уттăмĕш пилĕкçуллăх заданийĕсене тултарассишĕн тата иртерех тултарассишĕн тăрăшма мобилизацилес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлеме кирлĕ.

Фурцева юлташ техника прогресĕшĕн кĕрешнин пысăк пĕлтерĕшне палăртнă тата çак ĕç енĕпе ученăйсем, инженерсем тата техниксем умĕнче пысăк ответлă ĕçсем тăни çинчен каланă. Çĕннинĕ, малта пыракăннине пурне те производствăна кĕртсе пыма консерватизм, çавраçăсăрлăх нумай чăрмантарнине докладчик палăртнă. Çапла столицăри автомобилестроительсем ĕçсенĕ çĕрте хиаĕ те массăллă производствăра метала модельсем тăрăх тĕрĕс шăратас меслетне усă курмаççĕ. Ытти пахă пуçарусене те Мускаври предприятисенче анлă сармаççĕ-ха. Парторганизацисемпе парти райкомĕсен çĕнĕ техникăна мĕнле ĕçе кĕртсе пынине тĕрĕслесе тăрас пулать.

Предприятисене столицăри аслă шкулсем тата наукăна тĕпчев институчĕсем пысăк пулăшу памалла. Мускавра профессорсемпе преподавательсем 16.000 çын, çав шутра аслă шкулсенче ĕçлекен наука докторĕсем 1.500, наука кандидачĕсем 7.000 çын. Чылай аслă шкулсенчи тата наукăна тĕпчев учрежденийĕсенчи парторганизацисем коллективсем наукăлла ĕçне лайăхлатма çителĕксĕр пулăшнине, ситмонлăхсемпе килĕнсе пурăннине доклатра палăртнă.

Малалла Фурцева юлташ производство культурине ӳстерес, Мускав промышленноçне çĕнĕ техникăпа хĕçпăшаллантарас, малта пыракан опыта сарас ыйтусем çинче чарăнса тăнă. Çак пысăк резервсемпе усă курса, Мускав хулинчи парторганизацин çыннăхри çулсенче, производствăн хальхи лаптăкĕсем çинчех, промышленность продукцийĕ туса кăларассине икĕ хутран кая мар ӳстерме пур майсемпе те тăрăшмалла, пур ĕçсене те туса пымалла.

Малалла докладчик партипе правительство совет çыннисен, çавăхран, столицăри ĕçсыннисен пурнăçне малалла лайăхлатас пирки тата культурине ӳстерес тĕлĕшпе тума палăртнă ĕçсем çинчен каласа панă. 1956 çулта кăна Мускав хулинче капитальнăй ĕçсем пĕтĕмпе 5 миллиард та 300 миллион тенкĕлĕх тумалла. Пилĕк çул хушшинче столицăра пурăнмалли çуртсем 9 миллион тăваткал метр чухлĕ, шкулсем, кинотеатрсем тата культурăпа йăла учрежденийĕсем нумай тăваççĕ. Хальхи пилĕкçуллăхра Советсен Дворецне—аслă Ленин памятникне туса лартмалла.

Кăçал метрон Фрунзе районĕпе Щербаковски районти пайĕсене туса пĕтермелле тата Калинински районти пайне тума тытăнмалла.

Юлашкинчен Фурцева юлташ партилле организацилле тата идеологилле ĕçсен ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăнă. Мускав хулинчи парторганизацин пропагандăпа агитаци чылай лайăхлатма, ĕçсыннисене коммунизмла воспитани парас ĕçе лайăхлатма кирлĕ майсем пурте çителĕклĕ мар. Тĕпчев ĕçĕсенче, лекцисенче, искусство произведенийĕсенче массăсем историри рольне сăмаласа кăтартма, халăх ĕçĕн пысăк пĕлтерĕшне кăтартса пама столицăри наукăпа творчество работникĕсем нумай ĕçсем тăвас пулать.

Пренире тухса калаканисем партин XX съезчĕн итогĕсене хăйсем чун-чĕререн хавхаланнине палăртнă, партин Центральнăй Комитечĕн ĕçне тата вăл юлашки çулсенче коллективлă руководство принципĕсене çирĕплетес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçленине хĕрӳллĕн ырланă. Пуху участникĕсем тăван парти палăртса хунă питĕ пысăк ĕçсене пурнăçлассишĕн тинлĕн кĕрешме хатĕр пулни çинчен каласа панă.

КПСС Москворецки райкомĕн секретарĕ Борисов юлташ районти ĕçсыннисем улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕррремĕш çулталăкĕнчи плана срокчен тултарассишĕн пыракан социализмла ăмăртура çĕнĕ çитĕнӳсем тума тăрăшни çинчен каласа панă.

Техникăлла прогресс ыйтăвĕсем çинче СССР Гостехника председателĕн заместителĕ Максарев юлташ, Мускав-Сортировочнăй станци деповĕн аслă машинисчĕ Блаженов юлташ, Калинин ячĕпе тăракан фабрикăри çип арлакансен бригадирĕ Котова юлташ чарăнса тăнă.

Пухура Мускав хулин главнăй архитекторĕ Ловейко юлташ тухса каланă. Вăл архитекторсенчен ытларахăшĕ партин Центральнăй Комитечĕ вĕсен творчествăлла ĕçри йăнăшне вăйлă критикленине тĕрĕс ăнланса илсе йышăнчĕ, тенĕ.

Вăл архитектурăна планлас ĕçĕн управленийĕ Мускаври строительство валли хатĕрленĕ 800 ытла проекта çĕнĕрен пăхса тухни çинчен пĕлтернĕ. Ытлашши тăкаксем тăвассине пĕтернипе тата пурăнмалли çуртсенчи лаптăкпа лайăхрах усă курмалла тунипе вĕсене тума пыракан хака 230 миллион тенкĕ чухлĕ чакарнă.

Идеологилле ĕçе лайăхлатма кирли çинчен пухура нумай каласнă. Кун çинчен СССР Наука академийĕн философи институчĕн директорĕ Федосеев юлташ, 494-мĕш шкулти учительница Федорова юлташ, КПСС Свердловски райкомĕн секретарĕ Рябинин юлташ каланă.

Съезд материалĕсене партипе комсомол вĕренĕвĕн системинче тĕплĕн вĕренме тăрăшни çинчен Мускаври çирĕп сплавсен комбиначĕн директорĕ Соловьев юлташ каласа панă. Çак предприяти цехĕсемпе уйрăмĕсенче съезд материалĕсене вĕренме тытăннă ĕнтĕ. Съезд материалĕсем çинчен ăнлантарас ĕçе комбинатăн практикăлла ĕçĕпе, унăн çак пилĕкçуллăхри задачисемпе тачă çыхăнтарса туса пырасçĕ.

Пухура çавăн пекех комсомолăн Мускав хула комитечĕн секретарĕ Давыдов юлташ, Мускаври Аслă техника училищин директорĕ Прокоткин юлташ, «Динамо» заводри партком секретарĕ Краснов юлташ тата ыттисем те тухса каланă.

Пуху участникĕсем, пурте пĕр саслă пулса, резолюци йышăннă. Съезд решенийĕсемпе хĕçпăшалланнă Мускаври парторганизаци партилле-организацилле тата политикăлла ĕçе малалла лайăхлатса пыма тăрăшĕ, КПСС XX съезчĕн материалĕсене анлăн пропагандăлас, КПСС Центральнăй Комитечĕн кăтартăвĕсене — уйрăм çынна ытла та пысăка хуни пирки пулса тăнă йăласене пĕтерес тĕлĕшпе, Ленин туса хатĕрленĕ йĕркесене парти пурнăçĕнче çирĕп тытса пырас енĕпе панă кăтартусене коммунистсене, комсомолецсене тата партире тăман актива ăнлантарса пама тăрăшĕ, тенĕ резолюцире.

Актив пухăвĕ партин Центральнăй Комитетне çапла шантарса сăмах панă: Мускав хулин парторганизацийĕ малашне те пирĕн çĕршывра коммунизм тăвассишĕн кĕрешес ĕçре КПСС Центральнăй Комитечĕн шанчăклă тĕревĕ пулса тăрĕ.

Пухура пысăк хавхаланупа парти гимнне — «Интернационал» юрланă. (ТАСС).

## Совет çыннисем миршĕн тăрăшас ĕçре пĕр шухăшлă

*Мире сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн председателĕпе Н. С. Тихоновпа калаçни*

СССР Верховнăй Совечĕ Мире сыхласси çинчен калакан закон йышăннăранпа мартăн 12-мĕшĕнче пилĕк çул тултарчĕ. Çак закон проектне, пурте пĕлеççĕ ĕнтĕ, Мире сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен Совет комитечĕ, Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн сĕнĕвĕсем тăрăх хатĕрлесе, СССР Верховнăй Совечĕнче пăхса тухма тăратнăччĕ.

Мире сыхласси çинчен калакан закон совет халăхĕпе Совет правительстви мир ĕçне çине тăрса хӳтĕлес тĕлĕшпе çирĕп шухăш тытнине уççăн кăтартса пани пулчĕ.

Совет халăхĕпе СССР Правительстви мирлĕ пурнăç тăвассишĕн тăрăшас ĕçре пĕр шухăшлă. Вăрçă чĕртессишĕн интересленекен обществăлла ушкăнсемпе çынсем Совет Союзĕнче çук. Пачах урăхла, совет çыннисем пурте мире сыхласа хăварма тата тĕреклетме тăрăшаççĕ. Пире мир промышленноçа, ялхуçалăхне, наукăпа культурăна аталантарас тĕлĕшпе пурнăçласа пыракан мирлĕ ĕçсенче çĕнĕ çĕкленӳ тума кирлĕ; пире мир совет халăхĕн пурнăçне пĕрмаях лайăхлатса пыма кирлĕ.

Совет Правительстви тĕрлĕ обществăлла системăллă государствăсем мирлĕн килĕштерсе пурăнмалла тăвассишĕн тăрăшас политика тытса пырать, васкасах хĕçпăшалланма чарас тата çынсене йышлăн пĕтерекен хĕçпăшалпа усă курма пĕтĕмпех чарса лартас тĕлĕшпе сĕнӳсем парать, Совет Правительствин политикине сĕнĕвĕсене совет çыннисем хĕрӳллĕн ырласа хӳтĕлеççĕ. Термоядернăй хĕçпăшала сăнаса пăхма взрывсем тăвассине чарса лартасси çинчен панă сĕнĕве эпир пĕтĕмпех ырлатпăр.

Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ мĕнпур халăхсене хĕçпăшалсăрланассишĕн кĕрешмелли кампанине пĕтĕм тĕнчипех иртерме чĕнчĕ. Совет халăхĕ ку чĕнĕве хапăл туса йышăнчĕ, вăл хĕçпăшалсене чакарассишĕн тата ядернăй хĕçпăшала чарса лартассишĕн çине тăрать. Апрель уйăхĕн пуçламăшĕнче Стокгольмра, хĕçпăшалсăрланас ыйтупа Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн чрезвычайнăй сессийĕ пулать. Çак сессире совет общественноçĕн представителĕсем хăйсен халăхĕ хĕçпăшалсăрланасси çинчен тĕнчери килĕшӳ тутарассишĕн тăни çинчен, çакăн пирки çирĕп шухăшлă пулни çинчен каласа парĕç.

ССР Союзĕнчи миршĕн тăраканисем ытти çĕршывсенчи халăхсемпе туслă çыхăнусем тытассине тĕреклетме пур майсемпе те пулăшса пыраççĕ. Иртнĕ çулталăк хушшинче кăна Совет çĕршывĕнче урăх çĕршывсен 700 яхăн делегацийĕсене йышăннă. Çавăхран, Мире сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен Совет комитечĕ 31 çĕршывăн 21 делегацине йышăнчĕ. Эпир малашне те урăх çĕршывсенчи общественноçпа туслă çыхăнусем тытма тăрăшăпăр тата çав çыхăнусене çирĕплетсе пырăпăр, мĕншĕн тесен çакăн пек çыхăнусем халăхсем хушшинче пĕр-пĕрне ăнланса илмелле тума тата тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма пулăшаççĕ.

Хальхи вăхăтра вăрçă пуласси сиррсе яма май пур, çакна КПСС XX съездĕнче палăртрĕç. Миршĕн кĕрешекен мĕнпур вăйсем сыхăлăхлă пулсан тата мобилизациленсен, вĕсем пĕр фронтпа кĕрешсе пырсан тата мире сыхласа хăварассишĕн кĕрешес ĕçе вăйсăрлатмасан, халăхсем вăрçă пуçланассине сирсе яма пултараççĕ.

Совет çыннисем — миршĕн кĕрешекенсем мире сыхлассишĕн, тĕнчери йывăр лару-тăрăва малалла çăмăллатса пырассишĕн, халăхсем хушшинче тăванла туслă çыхăнусем тытмалла тăвассишĕн тăтăх та хастарлăрах тăрăшса ĕçлеме тытăнаççĕ. Вĕсем тĕрлĕ çĕршывсенчи мире юратакан вăйсен представителĕсемпе çыхăнса ĕçлеме, кам васкасах хĕçпăшалланнине хирĕç, «сивĕ вăрçă» патне каялла таврăнассине хирĕç тăрать, кам вăрçă политикине хирĕç тата мĕнпур çĕршывсем хушшинчи çирĕп мир туса хурассишĕн тăрать—çавсемпе пурнипе те пĕрле миршĕн кĕрешме хатĕр.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ

**ШАХАСАН МАШИНА-ТРАКТОР СТАНЦИЙĔН МАСТЕРСКОЙНЕ ТАТА ЫТТИ ÇУРТ-ЙĔРСЕНЕ ТУНА ÇĔРТЕ ПАЛĂРНĂ СТРОИТЕЛЬСТВĂПА МОНТАЖ УПРАВЛЕНИЙĔН РАБОТНИКĔСЕНЕ ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМĔН ХИСЕП ГРАМОТИПЕ НАГРАДĂЛАССИ ÇИНЧЕН**

Шăхасан машина-трактор станцийĕн мастерскойне тата ытти çурт-йĕрсене тунă çĕрте хастарлă ĕçленĕшĕн строительствăпа монтаж управленийĕн работникĕсене Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăлас:

1. Алексеев Константин Алексеевича—слесаре.
2. Альмевич Иван Сергеевича—строительствăпа монтаж управленийĕн начальникне.
3. Зотов Федор Алексеевича—каменщике.
4. Павлова Елена Павловнăна—рабочие.
5. Петров Михаил Ивановича—мастера.
6. Степанов Павел Степановича—главнăй инженера.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ Д. МИТЬКОВ.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн секретарĕшĕн О. РУСИНА.

Шупашкар хули, 1956 çулхи мартăн 12-мĕшĕ.

## Партипе правительствăна тав тăваççĕ

СЕНТЕР, мартăн 12-мĕшĕ. (Телефонпа). КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ «Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ çинчен тата колхоз производствине организацилес, артель ĕçĕсене йĕркелесе пырас тĕлĕшпе колхозниксен пуçарăвне малалла вăйлатасси çинчен» тата «Колхозниксене кашни уйăхра аванс парасси тата колхозсенче ĕçшĕн хушса тӳлесси çинчен» йышăннă постановленисене районти колхоз ĕçченĕсем пĕтĕм чун-чĕререн хавхаланса кĕтсе илчĕç.

«Броневик» ялхуçалăх артелĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем çак постановленисене радиопа итленĕ. Çĕнĕ хаçатсем яла çитнĕ хыççăнах, колхоз пурнăçĕнче питех те пысăк вырăн йышăнса тăракан çак пахă документсемпе артель членĕсем тепĕр хут тĕплĕн паллашаççĕ, ушкăнпа пĕрле пухăнса сӳтсе яваççĕ.

Çак решени колхоз производствине организацилес, артель ĕçĕсене йĕркелесе пырас тĕлĕшпе, колхозниксен пуçарăвне малалла вăйлатма, ĕç дисциплинине çирĕплетме пысăк майсем туса парать.

Колхозниксене пурлăх енчен хавхалантарас тĕлĕшпе кашни уйăхра аванс памалла тата ĕçшĕн хушса тӳлемелле тунине тӳрĕ кăмăллă кашни колхозник пĕтĕм чĕререн ырлать, партипе правительствăна тав тăвать.

А. СОЛОВЬЕВ.

## Чун-чĕререн ырлаççĕ

ТĂВАЙ. «Сталь» ялхуçалăх артель членĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ «Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ çинчен тата колхоз производствине организацилес, артель ĕçĕсене йĕркелесе пырас тĕлĕшпе колхозниксен пуçарăвне малалла вăйлатасси çинчен» тата «Колхозниксене кашни уйăхра аванс парасси тата колхозсенче ĕçшĕн хушса тӳлесси çинчен» йышăннă постановленисене чун-чĕререн ырлаççĕ. Иртнĕ шăматкун артельте колхозниксен митингĕ пулса иртрĕ.

— Çĕнĕ постановлени,— терĕ митингра колхозри парторганизаци секретарĕ Н. Чайкин юлташ,— колхоза экономикăпа хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетме тата колхозниксен ĕçри пуçарăвне вăйлатма пысăк майсем уçса парать. Март уйăхĕнчен пуçласа артель правленийĕ колхозниксене кашни уйăхрах ĕçкунĕсем пуçне пĕрер килограмм тĕштырă валеçсе пама йышăнчĕ.

Н. ИЛЬИН.

**РЕСПУБЛИКАРИ КОЛХОЗСЕМ 1956 ÇУЛХИ МАРТ УЙĂХĔН МАЛТАНХИ ВУНĂКУНЛĂХĔНЧЕ КАШНИ ĔНЕРЕН МĔН ЧУХЛĔ СĔТ СУСА ИЛНИНЕ КАТАРТНИ (литрпа)**

| | |
|---|---|
| Улатăр | 44,1 |
| Вăрнар | 43,2 |
| Чкаловски | 40,6 |
| Çĕрпӳ | 40,3 |
| Муркаш | 39,0 |
| Куакино | 37,8 |
| Етĕрне | 36,7 |
| Елчĕк | 36,6 |
| Çĕмĕрле | 32,7 |
| Комсомольски | 31,6 |
| Первомайски | 31,2 |
| Шупашкар | 30,2 |
| Красноармейски | 30,0 |
| Шăхасан | 29,2 |
| Шăмăршă | 21,1 |
| Йĕпреç | 28,6 |
| Калинино | 28,0 |
| Пăрачкав | 26,8 |
| Вăрмар | 26,5 |
| Советски | 26,4 |
| Чурачăк | 26,2 |
| Куславкка | 26,0 |
| Хĕрлĕ Чутай | 25,9 |
| Канаш | 25,5 |
| Элĕк | 25,2 |
| Сĕнтĕр | 25,2 |
| Октябрьски | 25,1 |
| Тăвай | 23,0 |
| Ишлей | 22,4 |
| Сĕнтĕрвăрри | 19,9 |

**РЕСПУБЛИКАРИ МТС-СЕНЧЕ ТРАКТОРСЕМ ЮСАС ĔÇ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КАТАРТАКАН СВОДКА**

(1956 çулхи мартăн 10-мĕшĕ тĕлне, процентпа)

| | |
|---|---|
| Чкаловски | 129,3 |
| Шăхасан | 112,1 |
| Куакино | 102,2 |
| Куславкка | 101,8 |
| Йĕпреç | 100,0 |
| Етĕрне | 98,1 |
| Сĕнтĕр | 94,1 |
| Первомайски | 93,7 |
| Вăрмар | 90,4 |
| Советски | 88,6 |
| Комсомольски | 88,5 |
| Вăрнар | 87,9 |
| Красноармейски | 86,7 |
| Елчĕк | 84,0 |
| Хĕрлĕ Чутай | 83,3 |
| Тăвай | 80,9 |
| Сурмайдан | 80,4 |
| Сĕнтĕрвăрри | 80,4 |
| Çĕмĕрле | 80,3 |
| Октябрьски | 80,3 |
| Элĕк | 80,3 |
| Ишлей | 78,6 |
| Канаш | 78,3 |
| Чурачăк | 78,0 |
| Улатăр | 77,6 |
| Пăрачкав | 76,7 |
| Шăмăршă | 73,2 |
| Калинино | 70,0 |
| Çĕрпӳ | 69,1 |
| Сиява | 68,2 |
| Муркаш | 67,8 |
| Шупашкар | 55,3 |

## ПАРТИ ПУРНӐҪӖ

# Ҫуракине хатӗрленсе ҫитесси— паянхи задача

Уттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра колхозӑн на ӗҫченӗсем умӗнче пысӑк задачӑсем тӑраҫҫӗ. Ҫав задачӑсене пурнӑҫлама пирӗн ӗҫ вӑйӗ тата техника ҫителӗклӗ. Уй-хир бригадисене опытлӑ колхозниксем ертсе пыраҫҫӗ, фермӑсенче пултаруллӑ дояркӑсем, овцеводсем, свиноводсем ӗҫлеҫҫӗ.

Пирӗн колхозри парторганизаци колхозниксен анлӑ массисемпе тачӑ ҫыхӑну тытать, хӑйӗн пӗтӗм ӗҫне актив пулӑшнипе туса пырать, актив паракан паха сӗнӳсене шута илет.

Халӗ, партин XX съезчӗ йышӑннӑ историлле решенисемпе хавхаланса, пирӗн колхозниксемпе колхозницӑсем ялхуҫалӑхӗнчи сӗнӗ ӳсӗмсемшӗн ывӑнма пӗлмесӗр кӗрешеҫҫӗ. Колхоз ӗҫченӗсем умӗнче тӑракан паянхи чи пысӑк ӗҫсенчен пӗри вӑл— ҫуракине пур енчӗн те тӗплӗн хатӗрленсе ҫитесси. Парторганизаци, кӑҫалхи ҫуракине кӗске срокра тата пысӑк пахалӑхпа ирттерме палӑртса, ҫуракине хатӗрленнӗ тата иртнӗ вӑхӑтри массӑлла-политикӑлла ӗҫсен планне туса хатӗрлерӗ.

Ӗҫ планне партин XX съезчӗ уттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе панӑ Директивӑсен заданийӗсене шута илсе турӑмӑр.

Колхозра пурӗ 9 бригада. Кашни бригадӑра хӗрлӗ кӗтес йӗркеленӗ. Вӗсене тӗрлӗ плакатсемпе илемлетнӗ, литературӑпа пуянлатнӑ. Агитаторсем малта пыраканӑсен опычӗпе паллаштаракан брошюрӑсем илсе тӑраҫҫӗ. Кунсӑр пуҫне вӗсем «Агитатор блокночӗпе» тата хаҫатсемпе анлӑ усӑ кураҫҫӗ. 1-мӗш бригадӑн бригадирӗ Ф. Максимов юлташ, сӑмахран, «Тырпул тухӑҫлӑхне ӳстермелли резервсем» тема тӑрӑх ирттернӗ калаҫура Октябрьски районӗнчи «Звезда» колхоз председателӗн С. Яковлев юлташӑн статьипе усӑ курчӗ, Вӑрнар районӗнчи Сталин ячӗпе тӑракан колхоз мӗнле майпа ҫуллен пысӑк тухӑҫлӑ тырпул туса илни ҫинчен каласа пачӗ. Агитаторӑн витӗмлӗ сӑмахӗсем усӑллӑ пулчӗҫ. Бригадӑра вырӑнти удобренисем хатӗрлес ӗҫ вӑйланчӗ. Колхозниксем хӑйсен килӗсенчен тислӗк, кӗл, кайӑк-кӗшӗк тислӗкӗ нумай параҫҫӗ.

Е. Васильев зоотехник «Паха вӑрлӑх— пысӑк тухӑҫлӑ тырпул никӗсӗ» тема тӑрӑх 7-мӗшпе 8-мӗш бригадӑсенче калаҫусем ирттернӗ.

Агитаторсем ҫураки умӗнхи социализмла ӑмӑртӑва пур майсемпе те вӑйлатса пыма тӑрӑшаҫҫӗ. Вӗсем калаҫусенче вырӑнти тӗслӗхсемпе усӑ кураҫҫӗ. Хамӑр колхозри уйрӑм колхозниксемпе колхозницӑсен паха ӗҫӗсем ҫинчен каласа параҫҫӗ. Акӑ, тӗслӗхрен, П. Васильев агитатор 9-мӗш уйхир бригадинче 1-мӗш бригада членӗсем эрне хушшинче уи 300 лав ытла тислӗк кӑларни ҫинчен тата вӑрлӑх тасатнӑ ҫӗрте тӑрӑшса ӗҫлекен колхозниксем ҫинчен каласа пачӗ. Тӳрӗ кӑмӑллӑ колхозниксем артель хуҫалӑхне тӗреклетессишӗн ҫине тӑрса кӗрешнине кӑтартса паракан паха тӗслӗхсем социализмла ӑмӑртӑва вӑйлатса пыма пулӑшаҫҫӗ. Ӑмӑртура малта пыраканнисем сӗнӗ ӳсӗмсем тӑвассишӗн кӗрешеҫҫӗ, юлса пыраканнисем вӗсемпе танлашма тӑрӑшаҫҫӗ. Ҫакӑнта ӗнтӗ социализмла ӑмӑртӑвӑн вӑйӗ, унӑн хӑвачӗ.

Хамӑр ӗҫре эпир пичетпе усӑ куратпӑр. Колхозра стена хаҫачӗпе боевой листоксем тухаҫҫӗ. Колхоз производствинче тӑрӑшса ӗҫлекен колхозниксене палӑртнипе пӗрлех хаҫатсем кахалсене питлеҫҫӗ. 9-мӗш бригадӑри И. Егоров колхозник ӗҫ вӑхӑтӗнче ӳсӗр ҫӳрени ҫинчен стена хаҫатӗнче ҫырнӑччӗ. Ҫакӑн хыҫҫӑн вӑл юсанчӗ, халӗ ҫуракине хатӗрленес ӗҫсене активлӑн хутшӑнать.

Стена хаҫачӗпе боевой листоксем бригадӑсенче вырӑнти удобрени хатӗрлес тата вӑрлӑх тасатас ӗҫсем мӗнле пыни ҫинчен тӑтӑшах пӗлтереҫҫӗ. Ҫакӑ бригадӑсем хушшинчи социализмла ӑмӑрту итогӗсене пӗтӗҫтерекен майсенчен пӗри пулать.

Ҫуракине тухсан массӑлла-политикӑлла ӗҫ уй-хире, колхозниксемпе механизаторсем ӗҫленӗ ҫӗре куҫать. Кунта вара хаҫат-журнал вуласа пани ҫеҫ ҫителӗксӗр, ӗҫлӗ агитаци пулмалла. Агитаторсем пулма бригадирсене, малта пыракан трактористсене, лайӑх сеяльщиксене ҫирӗплетнӗ.

Ҫураки вӑхӑтӗнче куҫса ҫӳрекен библиотекӑсем пулаҫҫӗ. Кашни бригадӑрах боевой листоксем тата «Ҫиҫӗм» хаҫатсем тухмалла, вӗсен редакторӗсене партбюро ларӑвӗнче ҫирӗплетнӗ. Вӗсемсӗр пуҫне хисеп хӑмипе кӑтарту хӑми, куҫса ҫӳрекен хӗрлӗ ялавсем пулаҫҫӗ.

Пирӗн колхоз кӳршӗри «Авангард» колхозпа ӑмӑртса ӗҫлет. Икӗ артель хушшинчи социализмла ӑмӑрту итогӗсем ҫинчен хамӑр колхозниксене тӑтӑшах пӗлтерсе тӑратпӑр.

Ҫуракинче те агитаторсем умӗнче тӑракан тӗп задачӑсенчен пӗри вӑл малта пыраканӑсен опытне сарасси тата социализмла ӑмӑртӑва вӑйлатасси пулать. Планра уй-хирте ӗҫлекенсем хушшинче ирттермелли калаҫусен темисене палӑртнӑ.

Парторганизаци агитаторсен семинарне 10 кунта пӗрре ирттерет. Ҫураки вӑхӑтӗнче семинарсене участоксем тӑрӑх ирттерме палӑртнӑ. Семинарсенче агитаторсем пӗр-пӗрин опычӗпе паллашаҫҫӗ, хӑйсен шухӑш-кӑмӑлӗсене каласа параҫҫӗ.

Парторганизаци коммунистсене, мӗнпур колхозниксене общеcтвӑлла хуҫалӑха тӗреклетессишӗн пӗтӗм вӑя хурса кӗрешме мобилизацилет. Колхозра юлашки ик-виҫӗ ҫул хушшинче тӗштырӑ тухӑҫлӑхӗ чылай ӳсрӗ. Ҫак никӗс ҫинче общеcтвӑлла выльӑх-чӗрлӗх йышӗпе тухӑҫлӑхӗ ӳссе пырать. Иртнӗ хуҫалӑх ҫулӗнче колхозӑн укҫан килекен тупӑшӗ пӗр миллион тенкӗрен иртрӗ.

Колхоз производствин пур отраслӗсене те аталантарса пыма малашлӑх планне туса хатӗрленӗ. Ҫитес ик-виҫӗ ҫул хушшинче выльӑх-чӗрлӗх хисепне, 1955 ҫулхипе танлаштарсан, виҫӗ хут ӳстерме, кашни гектӑртан 16—17 центнертан кая мар тӗштырӑ туса илме палӑртнӑ. Кӑҫал кашни 100 гектӑр ҫӗр пуҫне 70 центнер сӗт илмелле. Выльӑх апачӗ ҫителӗклӗ пултӑр тесе, 210 гектар кукуруза акмалла, 200 гектар ҫӗрулми лартмалла. Колхозӑн укҫа-тенкӗ тупӑшӗ пӗр миллион та 500 пин тенкӗ пулмалла.

Коммунистсен партийӗн XX съезчӗн историлле решенийӗсене ӳтсе явнӑ хыҫҫӑн, пирӗн колхозниксем уттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра ялхуҫалӑх енӗпе палӑртнӑ заданисене срокчен, ҫитес ик-виҫӗ ҫул хушшинчех пурнӑҫлама йышӑнчӗҫ. Массӑлла хушшинче организаторла тата массӑлла-политикӑлла ӗҫсене вӑйлатса пынипе унра тӑракан пысӑк задачӑсене чыслӑн пурнӑҫлӑпӑр.

**Н. ЯКОВЛЕВ.**
Калинино районӗнчи «Гвардеец» колхозри партбюро секретарӗ.



Шупашкарти пир-авӑр комбинатӗнче бригадӑсем хушшинче ӑмӑрту анлӑн сарӑлнӑ. Ӑмӑртура И. Ананьев юлташ ертсе пыракан бригада паха тӗслӗхсем кӑтартать.
Ӳкерчӗк ҫинче: мастер помощникӗ И. Ананьев юлташ М. Константинова работницӑпа калаҫать.
И. Никифоров фотоӳкерчӗкӗ.

# Икӗ районти колхоз председателӗсен семинарӗ

Колхоз производствине ертсе пырас ӗҫри опыта вӗренме пулӑшас тесе, КПСС Сӗрпӳ тата Октябрьски райкомӗсем ҫак кунсенче Октябрьски районӗнчи «Звезда» колхозра икӗ районти колхоз председателӗсен тата ялхуҫалӑх специалисчӗсен семинарне ирттерчӗҫ.

Семинара пухӑннисем пирвай «Звезда» колхозӑн нумай енлӗ хуҫалӑхне курса ҫӳрерӗҫ, ҫуракине хатӗрленес ӗҫсем мӗнле пынипе тӗплӗн паллашрӗҫ. Сӗрпӳ районӗнчи работниксене «Звезда» колхоз ӗҫченӗсен общеcтвӑлла выльӑх-чӗрлӗх валли кирпӗчрен, шлакпа цементран тунӑ чаплӑ витесем, силос сооруженийӗсемпе ытти сурт-йӗрсем питӗ кӑмӑла кайрӗҫ.

Хуҫалӑхпа паллашнӑ хыҫҫӑн колхоз председателӗсемпе специалистсем колхоз клубне пухӑнчӗҫ. Сӗрпӳ райкомӗн секретарӗ Д. Кирпичев юлташ партин XX съезчӗ йышӑннӑ историлле решенисем ҫинчен доклад туса пачӗ.

«Звезда» колхоз председателӗ С. Яковлев юлташ колхоз ҫуракине ирттерме мӗнле хатӗрленни ҫинчен доклад турӗ. Ку артельти уй-хир бригадисем кӑҫалхи ҫул кашни гектартан 100 пӑтран кая мар тӗштырӑ, ҫавӑн пекех пысӑк тухӑҫлӑ кукуруза, ҫӗрулми тата техникӑлла культурӑсем туса илме йышӑннӑ. Вӑрлӑхсем ҫителӗклӗ, вӗсене пӗтӗмпех сортласа хунӑ. Ҫураки ӗҫӗсен пысӑк пайне МТС туса парать, анчах колхоз вӑйӗпе тумалли ӗҫсем те сахал мар пулаҫҫӗ. Ҫавӑнпа та уй-хир бригадисем плугсемпе сеялкӑсене, сӳресемпе катоксене, уранасемпе ытти инвентарьсене пӗтӗмпех юсаса хунӑ.

Яковлев юлташ хӑйсен колхозӗнчи тырпул ӑстисем ҫӗрӗҫ культурине лайӑхлатса пыма, уйрӑмах удобренисемпе тӗрӗс усӑ курма тӑрӑшни ҫинчен тӗплӗн каласа кӑтартрӗ. Совет ученӑйӗсен сӗнӗвне пурнӑҫласа, ку колхозра кукурузӑпа ҫӗрулми, кантӑр тата ытти культурӑсем акакан лаптӑксем ҫине тӑкма органо-минераллӑ удобренисен хутӑшӗсене хатӗрлеҫҫӗ.

Сӗрпӳ районӗнчи «Новая жизнь» колхоз председателӗ А. Павлов юлташ хӑйсен артелӗн фермипче сыснасене пысӑк ушкӑнпа самӑртас ӗҫе организацилени, Сталин ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ В. Орлов юлташ доярккӑсем сӗт суса илессине ӳстерсе пыни ҫинчен докладсем туса пачӗҫ. Сталин ячӗпе тӑракан колхозра хуҫалӑх ҫулӗн пирвайхи пилӗк уйӑхӗнче кашни ӗнерен вӑтам шутпа 1.026 килограмм, М. Петрова доярка 1.373 килограмм сӗт суса илнӗ.

Семинарта Октябрьски районӗнчи Буденный ячӗпе тӑракан «Знамя» колхоз председателӗсем Григорьевпа Богатырев юлташсем, Сӗрпӳ райисполкомӗн председателӗ Чернов, «Сталинцы» колхоз председателӗ Лукин юлташсем тата ыттисем те тухса каларӗҫ. Пурте кӳршӗллӗ икӗ районти колхоз руководителӗсемпе специалистсен семинарӗсене ҫакӑн пек пӗрле ирттерни лайӑх пулнине, вӑл малта пыракан опыта пур колхозсене те ҫитерме тата ӗҫе кӗртме пулӑшнине палӑртрӗҫ.

Тухса калакансем кукуруза акса тӑвас ӗҫ ыйтӑвӗсем ҫинче нумайрах чарӑнса тӑчӗҫ, кукуруза силосӗ выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхне ӳстерекен чи паха апат пулнине нумай тӗслӗхсем илсе кӑтартрӗҫ. Октябрьски районӗнчи «Знамя» колхозра ӗнесене кукуруза силосӗпе тӑрантарнӑ май вӗсенчен кӑҫалхи январьпе февраль уйӑхӗсенче, иртнӗ ҫулхи ҫав вӑхӑтрипе танлаштарсан, пилӗк хут нумайрах сӗт суса илнӗ. Анчах чылай колхозсенче кукурузӑн пысӑк усснне ҫаплипех ӑнланса ҫитеймеҫҫӗ. Силос сахал пулнипе ӗнтӗ Октябрьски районӗнчи колхозсем ӗнесенчен сӗт суса илессине ӳстереймеҫҫӗ, ҫичӗ колхозра пилӗк уйӑх хушшинче кашни ӗнерен 100 литртан кайрах сӗт суса илнӗ. Ҫавӑн пек колхозсенчен пӗрин—«30 лет Чувашии» артелӗн председателӗ Окон юлташ кукурузӑпа кӑҫал та 9 гектар ҫеҫ акасшӑн.

Ҫуракине хатӗрленес ӗҫре икӗ районти колхозсенче те пысӑк ҫитменлӗхсем пур. Октябрьски районӗнче, «Звезда» колхозсӑр пуҫне, ыттисенче тӗштырӑ вӑрлӑхӗсене сортлама тытӑнманпа пӗрех! МТС-ӑн тырӑ сортламалли ОС-3 машинине ниепле те ӗҫе яма ҫук. Ҫавӑн пекех вырӑнти удобренисем хатӗрлес ӗҫ те нумай ҫӗрте чӑтма ҫук япӑх пырать. Максим Горький ячӗпе тӑракан колхозра уй-хире хӗл каҫиччен пурӗ те 20 тонна ҫеҫ тислӗк кӑларнӑ.

Икӗ районти работниксем пӗр-пӗрин опычӗсене малашне лайӑхрах вӗренес тӗлӗшпе ҫитес семинара Сӗрпӳ районӗнчи малта пыракан колхозсенчен пӗринче ирттерме каласса татӑлчӗҫ. **Н. ВОЛКОВ.**

# Вӑрман хатӗрлемелли кварталти плана анӑҫлӑ тултарар!

## Йывӑҫ касса хатӗрлессине вӑйлатар

Комсомольски районӗнчи колхозсен Тӑван ҫӗршыв валли 1.500 кубометр вӑрман касса хатӗрлемелле, 2.500 кубометр турттарса кӑлармалла. Ҫак задание пурнӑҫлама куллен вӑрманта 50 ҫын ҫурран, 100 ҫын лашапа ӗҫлемелле.

«Правда» колхоз вӑрманта ӗҫлеме хастарлӑ колхозниксене, вӑйлӑ лашасене Первомайски вӑрманпромхоза уйӑрса янӑ. Нумаях пулмасть ҫав вӑрманпромхозра колхозран пынӑ 4 лава, вӗсене вырнаҫтарма вырӑн ҫук тесе, каялла янӑ. Колхоз председателӗ Марков юлташ ун ҫинчен райисполком председательне Соловьев юлташа пӗлтернӗ, пулӑшу пама ыйтнӑ. Райисполком ыйтнипе вӑрманпромхозра ӗҫлеме пыракан колхозниксем валли паха майсем туса панӑ. «Правда» колхоз членӗсем тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ, задание срокчен пурнӑҫлассишӗн кӗрешеҫҫӗ.

Калас пулать, хӑшпӗр колхозсем вӑрманта сӳрӗккӗн ӗҫлеҫҫӗ. 100 лав вырӑнне ку районтан куллен 50—60 лав кӑна ӗҫлет. Задание пурнӑҫлама куллен сахалтан та 200 кубометр йывӑҫ турттарса кӑлармалла, халӗ 40—50 кубометр ҫеҫ турттараҫҫӗ.

Жданов ячӗпе тӑракан колхозӑн лашасем нумай, вӑл вӑрманта ӗҫлеме колхоз хуҫалӑхне ним сиен кӳмесӗр, кирлӗ чухлӗ лашасем уйӑрса яма пултарать. Анчах ӗҫ сӳрӗккӗн пырать-ха. Вӑрмантан сроксӑр каялла таврӑннӑ 8 лава нумай вӑхӑт хушши вӑрмана ямасӑр тӑнӑ. Сӗнӗ Мӑрат ял Совет председателӗ Зайцев юлташ Жданов ячӗпе тӑракан колхоз вӑрман хатӗрлес ӗҫе сӳрӗккӗн хутшӑннипе килӗшсе ларать.

Райисполком та ӗҫе лайӑхлатма, района панӑ задание срокчен тултарма татӑклӑ мерӑсем йышӑнмасть.

Чкаловски районӗнчи колхозниксем Первомайски вӑрманпромхозӗн Кивӗ Эйпеҫ вӑрман пунктӗнче ӗҫлеҫҫӗ. Ӗҫе лайӑх организациленӗ пулсан, район плана срокчен тултарма пултарнӑ. Пӗр-икӗ эрне каярах вӑрманта ҫурран ӗҫлекенсем те, лашапа йывӑҫ турттаракансем те хальхинчен икӗ хут нумайрах пулнӑ.

Халӗ ӗҫ пачах урӑхла. Мартӑн 7-мӗшӗ тӗлне вӑрманта ҫурран ӗҫлекенсем 100 ҫын пулмалла пулсан, пурӗ те 24 ҫын кӑна юлнӑ, лашапа ӗҫлекенсен шучӗ те чылай чакнӑ.

Ӗҫ начарланса пынин сӑлтавӗ вӑрман пункчӗн начальникӗ Чужайкин юлташ, райисполком председателӗн заместителӗ Волков юлташ вӑрмана ӗҫлеме колхозран килнӗ ҫынсемпе лашасене плана тултариччен ҫирӗплетсе хӑварма тӑрӑшманнинчен, вӗсене ӗҫлеме кирлӗ условисем туса паманнинчен, ӗҫе тӗрӗс шута илсе пыманнинчен килнӗ. Ҫавӑ пула колхозниксем никама каламасӑр килӗсене тухса каяҫҫӗ. Икӗ эрне хушшинче 50 ҫын ытла вӑрмантан килӗсене таврӑннӑ.

Колхоз председателӗсем те, райисполком та вӗсене каялла вӑрмана яма тӑрӑшмаҫҫӗ. «Кызыл Юлдус» тата Молотов ячӗпе тӑракан колхозсенчен ҫурран ӗҫлекенсем вӑрманта пачах ҫук. Каснӑ йывӑҫ ҫук пирки вӑрман турттарасси чарӑнса ларнӑ темелле. Киров ячӗпе тӑракан колхозӑн 500 кубометр йывӑҫ турттармалла пулсан, 263 кубометр, «Герой» колхоз 500 кубометр вырӑнне 187 кубометр, Сталин ячӗпе тӑракан колхоз 800 кубометр вырӑнне 240 кубометр кӑна турттарнӑ. «Дружба», «Гвардеец», «Путь Ленина» колхозсем плана 7—16 процент ҫеҫ тултарнӑ. Молотов ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ Владимиров юлташ ку тарана ҫитсе те вӑрман хатӗрлес ӗҫе ним вырӑнне хумасӑр пурӑннӑ. Кунта виҫӗ кун каялла кӑна виҫӗ лав вӑрмана кӑларса янӑ. Ку колхоз райисполкомпа юнашарах. Апла пулсан та, колхоз председателӗ питӗ кайлӗ пурӑннӑ, ӑна вӑрман ӗҫӗпе никам та чӑрмантарман.

Районӑн пурӗ 3.000 кубометр йывӑҫ касса хатӗрлемелле, 2.500 кубометр турттарса кӑлармалла пулсан, халлӗхе ҫакна ҫуррине те пурнӑҫламан.

Вӑрманта ӗҫлемелли вӑхӑт сахаланса юлать. Халӗ пӗр тӑхтаса тӑмасӑр вӑрмана ҫынсемпе лавсем ямалла, вӑрман хатӗрлемелли плана хӑвӑртрах тултармалла.

**П. ИВАНОВ.**

## Малта пыракансем пек ӗҫлемелле

Шӑхасан районӗнчи хӑшпӗр колхозсем вӑрман хатӗрлевӗнче лайӑх тӗслӗхсем кӑтартаҫҫӗ. Ворошилов ячӗпе, Калинин ячӗпе, Молотов ячӗпе тӑракан колхозсем уйӑхлӑх вӑхӑтӗнче вӑрман турттармалли заданине пурнӑҫларӗҫ. «Молодой колхозник», Ленин ячӗпе тата Мичурин ячӗпе тӑракан колхозсем йывӑҫ касса хатӗрлес тӗлӗшпе малта пыраҫҫӗ. Вӗсем мартӑн 8-мӗшӗ тӗлне задание 70—90 процент тултарчӗҫ. Юлашки вӑхӑтра «Победа» колхоз членӗсем лайӑхрах ӗҫлеме пуҫларӗҫ. Вӗсем задание мартӑн 13-мӗшӗ тӗлне тултарма обязательство пачӗҫ. Халӗ ку колхозран вӑрман турттарнӑ ҫӗрте утӑ лавпа ӗҫлеҫҫӗ.

Асӑннӑ колхозсенчи вӑрмапа пултаруллӑ та ӗҫе юратакан колхозниксене уйӑрса янӑ, вӗсене колхоз правлени членӗсем е ятарласа уйӑрнӑ ответлӑ ҫынсем организацилесе ертсе пыраҫҫӗ. Кунсӑр пуҫне колхоз руководителӗсем хӑйсем те час-часах вӑрманта пулаҫҫӗ, колхозниксене кирлӗ пулӑшу параҫҫӗ. Мичурин ячӗпе тӑракан колхоз членӗ Н. Николаева куллен 5—6 кубометр йывӑҫ турттарать, 25 тенкӗ таран ӗҫлесе илет. Молотов ячӗпе тӑракан колхозри П. Степановпа А. Михайлов, «Победа» колхозри комсомол организацийӗн секретарӗ Сергеев тата Петров лавҫӑсен те 4—5 кубометр турттараҫҫӗ.

Малта пыракансен опычӗ ытти колхозсем те вӑрман хатӗрлемелле задание пурнӑҫлама пултарнине кӑтартса парать. Уйӑхлӑх пуҫланнӑранпа чылай вӑхӑт иртрӗ пулин те хӑшпӗр колхозсем вӑрмана ӗҫ вӑйӗпе туртӑм вӑйӗ пачах яман. Суворов ячӗпе тӑракан колхозӑн задани пысӑк мар, 162 кубометр йывӑҫ турттармалла тата 90 кубометр касса хатӗрлемелле. Вӑхӑтра ӗҫ вӑйӗпе туртӑм вӑйӗ янӑ пулсан, ӑна 10—12 кун хушшинче тултарма пултарнӑ. Анчах вӑл 22 кубометр ҫеҫ турттарнӑ, хатӗрлеме тытӑнман-ха. Куйбышев ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ Кошкин юлташ) Кире вӑрманпромхозне икӗ лав янӑ. Сакӑр кун хушшинче вӗсем 10 кубометр ҫеҫ йывӑҫ турттарнӑ. Лавҫӑсем куллен виҫӗ хут хутлас вырӑнне пӗр хут ҫеҫ хутлаҫҫӗ, тепӗр чухне пачах ӗҫе тухмаҫҫӗ. Лавсем ҫине кирлӗ таран тиеместӗ, хӑшпӗр чухне 0,35 кубометр, чи нумай чухне—0,70—0,80 кубометр ҫеҫ тиеҫҫӗ. «Герой» колхозран вӑрман турттарнӑ ҫӗрте тӑватӑ лавпа ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсем куллен сурӑшар кубометр ҫеҫ турттараҫҫӗ.

Ӗҫ тухӑҫлӑхӗ пӗчӗккӗшӗн, вӑрманпромхозсен работникӗсемсӗр пуҫне, колхоз руководителӗсем те ответлӑ. Суворов ячӗпе тӑракан, «Герой» тата «Дружба» колхозсенчен вӑрмана ответлӑ работниксем уйӑрса яман. Ҫавна пула вӑрмана янӑ хӑшпӗр колхозниксем тӑрӑшса ӗҫлемеҫҫӗ.

**Х. ЛИСИН.**
(Хамӑр корр.).

## Мастерсен канашлӑвӗ

**УЛАТӐР.** Районти вӑрманпромхозсенчи лайӑх ӗҫлекен мастерсен опытне пӗтӗҫтерсе ӗҫе кӗртсе пырас тӗлӗшпе парти райкомӗ мастерсен, главнӑй инженерсен канашлӑвне ирттерчӗ. Канашлура пулнисем производствӑна тӗрӗс организацилес тата механизмсемпе тулли усӑ курас ӗҫре мастер пысӑк вырӑн йышӑннине, вӑл хӑйӗн участокӗнчи тулли праваллӑ руководитель пулса тӑнине палӑртрӗҫ. Ҫавӑн пекех унта мастерсен производствӑри рольне ӳстересси, вӗсен техникӑлла тата политикӑлла пӗлӗвне хӑпартасси ҫинчен те нумай каларӗҫ, паха сӗнӳсем пачӗҫ.

Антышево вӑрманпромхоз руководителӗсем юлашки вӑхӑтра мастерсемпе тимлӗрех ӗҫлеме, вӗсене куллен пулӑшса пыма тытӑнчӗҫ, мастерсен вӗренӗвне организацилерӗҫ. Халӗ мастерсем малта пыраканӑсен опытне вӗренсе, ӑна ӗҫе анлӑн кӗртсе пыраҫҫӗ. Сӑмахран, Новичковпа Егоров мастерсен участокӗсем, цикл графикӗпе ӗҫлесе, паха тӗслӗхсем кӑтартаҫҫӗ. Ҫак икӗ участок та хӑйсен февраль уйӑхӗнчи заданийӗсене срокчен пурнӑҫларӗҫ.

Анчах Улатӑр тата Кире вӑрманпромхозсен руководителӗсем мастер рольне хаклаҫшӑн мар, вӗсен ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме тӑрӑшмаҫҫӗ. Улатӑр вӑрманпромхозӗнчи вӑрман пункчӗн начальникӗсем Рунов, Семенов, Поросенков юлташсем мастерсене куллен ертсе пымаҫҫӗ, вӗсен ӗҫне кирлӗ пек тӗрӗслесе тӑмаҫҫӗ.

Ҫак асӑннӑ вӑрманпромхозсенчи парторганизаци секретарӗсем Хохловпа Меньшиков юлташсем мастерсемпе ӗҫлессинчен уйӑрлса кайнӑ. Вӗсем мастерсен политикӑлла тата техникӑлла пӗлӗвне хӑпартас тӗлӗшпе нимӗн те тумаҫҫӗ.

Мастер государство заданийӗсене производство калӑпӑшӗ енӗпе кӑна мар, пахалӑх енӗпе те пурнӑҫлас тӗлӗшпе ответлӑ. Апла пулсан, вӑрман хатӗрлекен предприяти руководителӗсен, парти, профсоюз организацийӗсен задачи вӑл мастерӑн производствӑри рольне ӳстересси, унӑн техникӑлла тата политикӑлла пӗлӗвне хӑпартасси пулать.

**Д. ПОЛЯКОВ.**

## „Коммунизм ялавӗ" хаҫатра ҫырнӑ хыҫҫӑн

### «СУД ӖҪЕНЧЕ ЙАНАШСЕМ ПУЛМАЛЛА МАР»

Январӗн 15-мӗшӗнче «Коммунизм ялавӗ» хаҫатра «Суд ӗҫӗнче йӑнӑшсем пулмалла мар» ятлӑ статья пичетленнӗччӗ. Чӑваш АССР Юстици министрӗн заместителӗ Белков тата Чӑваш АССР Верховнӑй Сучӗн председателӗ Шестипалов юлташсем редакцие статьяра кӑтартнӑ фактсем тӗрӗс, тесе пӗлтерчӗҫ.

Юстици министерстви статья пичетленнӗ хыҫҫӑн Первомайски, Етӗрне районӗсенчи, Улатӑр районӗнчи 1-мӗш участокри халӑх сучӗсен ӗҫне ревизи тунӑ. Ҫак районсенчи халӑх судьисене министерствӑри оперативлӑ канашлӑва чӗнсе, унта вӗсен ӗҫӗ ҫинчен ӳтсе явнӑ тата вӗсене хытӑ асӑрхаттарнӑ.

Хаҫатра пичетленнӗ статьяна Верховнӑй суд работникӗсен канашлӑвӗнче те ӳтсе явнӑ.

Кунпа пӗрлех ҫакна та палӑртмалла: статья авторӗ Туманов юлташ Митягинпа Чалков ӗҫне часах пӑхса тухманшӑн суд органӗсене ҫеҫ айӑплани тӗрӗс мар, мӗншӗн тесен вӑл ӗҫ суда лекиччен прокуратура органӗсенче те ултӑ уйӑх пулнӑ.

## Библиографи

# Политэкономие вӗренме кирлӗ кӗнекесем

Хальхи тапхӑрта коммунистсем, парти, хуҫалӑх, совет кадрӗсен экономика ыйтӑвӗсене вӗренесси, марксистла-ленинла политэкономие, промышленноҫпа ялхуҫалӑх экономикине пӗлесси уйрӑмах паха вырӑна тухрӗ. Вӗсене вӗренни совет обществин социализмран коммунизма куҫмалли ҫулӗсене ӑнланса илме, парти решенийӗсене пурнӑҫа тӗрӗс кӗртсе пыма пулӑшать.

Политэкономие кружоксенче тата харпӑр хӑй тӗллӗн вӗренекенсен шучӗ ӳссех пырать. Вӗренекенсене пулӑшма марксизм-ленинизм классикӗсен произведенийӗсене пысӑк тиражпа пичетлесе кӑларнӑ тата политэкономи учебникӗ пичетленсе тухнӑ. Эпир кунта юлашки вӑхӑтра чӑвашла тухнӑ икӗ кӗнеке ҫинче чарӑнса тӑрасшӑн. Вӗсенчен пӗри — Ф. Энгельсӑн «Карл Маркс» тата тепри К. Марксӑн «Тара кӗрӗшнӗ ӗҫлев тата капитал»*).

Ф. Энгельсӑн «Карл Маркс» ятлӑ произведенийӗнче тӗнчери пролетариатӑн аслӑ учителӗн пурнӑҫӗпе ӗҫӗсене 1877 ҫулта ҫитиччен кӗскен ҫырса кӑтартнӑ. Ку пӗчӗк кӗнеке тӑрӑх эпир Карл Маркс пӗтӗм тӗнчери рабочисене кӗрешме вӗрентнине, кӗрешӗве тӗнчипе организациленине, рабочи класс кӗрешӗвне ертсе пынипе ҫеҫ мар, Марксӑпа Энгельс наукӑра тунӑ калама ҫук пысӑк революцилле переворот ҫинчен те пӗтӗмӗшле ӑнланма пултаратпӑр.

Карл Марксӑн «Тара кӗрӗшнӗ ӗҫлев тата капитал» произведенийӗ, тӗпрен илсен, нимӗҫ рабочийӗсен обществинче 1847 ҫулта вуланӑ лекцисенчен тӑраканскер, капиталистсен класӗпе рабочи класс хушшинчи хутшӑнусене ӑнлантарса парать. Кӗнеке Ф. Энгельс ҫырнӑ умсӑмахпа пуҫланать.

Икӗ кӗнеки те политэкономипе пуҫласа паллашакансемшӗн питӗ паха. Вӗсенче капитализмла обществӑра буржуази рабочи класа мӗнле эксплуатацинине уҫҫӑн сӳтсе панӑ.

«Производствӑн хӑвӑрттӑн капитализмла меслечӗ валли обществӑра икӗ класс пулни кирлӗ,—тесе ҫырать Ф. Энгельс,—пӗр енчен, капиталистсен, производство хатӗрӗсемпе пурӑнмалли хатӗрсене тытса тӑракансен, класӗ, тепӗр енчен—пролетарисен, ҫав мӗнпур хатӗрсенсӗр тӑратса хӑварнӑскерсен, класӗ пулни кирлӗ, пролетарисен сутмалли пӗр тавар ҫеҫ пур: вӑл—хӑйсен ӗҫ вӑйӗ, пурӑнма кирлӗ хатӗрсем туянмашкӑн хӑйсен ӗҫ вӑйне вӗсен ирӗксӗрех сутма тивет» (Ф. Энгельс «Карл Маркс», 13 стр.). Ҫак таварӑн — ӗҫ вӑйӗн—хаклӑхӗ мӗнрен килет? Ҫавна ӑнлантарса Энгельс ҫапла калать: «...вӑтам ҫыннӑн ӗҫ вӑйӗн пӗр кунхи, уйӑхри, ҫулталӑкри хаклӑхӗ—ҫав ӗҫ вӑйне пӗр кун, уйӑх, ҫулталӑк хушши усрана кирлӗ пурӑнмалли хатӗрсем пулса тӑнӑ ӗҫлев пысӑкӑшӗнчен килет» (Ку вырӑна лайӑхрах куҫарма май килнӗ: «пурӑнмалли хатӗрсем ҫине куҫнӑ ӗҫлев» е «пурӑнмалли хатӗрсем тума кирлӗ ӗҫлев», теме юранӑ.—Г. А.). Малалла Ф. Энгельс эксплуатаци мӗнле пулса пыни ҫинчен каласа парать: «Калӑпӑр, рабочие пӗр кун пурӑнмалли хатӗрсене тумаултӑ ӗҫ сехечӗ кирлӗ—е ку та ҫавах—вӗсем ҫине ултӑ сехетри ӗҫлев куҫнӑ, тейӗпӗр; ун пек пулсан, ӗҫ вӑйӗн пӗр кунхи хаклӑхӗ те ҫавӑн пекех ултӑ сехет ӗҫе палӑртакан укҫа чухлӗ пулӗ. Рабочие ӗҫ паракан капиталист ӑна ҫавӑн чухлӗ укҫа тӳлет, урӑхла каласан, унӑн ӗҫ вӑйӗн хаклӑхне пӗтӗмӗшпех тӳлет, тейӗпӗр. Ҫапла вара, рабочи капиталист валли кунне ултшар сехет ӗҫлес пулсан, вӑл унӑн тӑкакӗсене пӗтӗмпех, урӑхла каласан, ултӑ сехет ӗҫленӗшӗн ултӑ сехет ӗҫлев таварса панӑ пулӗччӗ. Ҫакӑн чухне капиталиста, паллах, нимӗн те лекмен пулӗччӗ; ҫавӑнпа капиталист ӗҫ ҫине йӑлтах урӑхла пӑхать: эпӗ,—тет вӑл,—ку рабочин ӗҫ вӑйне ултӑ сехетлӗхе мар, ӗра кунлӑха туянтӑм, тет, ҫавӑнпа вӑл рабочие, май килнӗ пек, 8, 10, 12, 14 сехет е тата ытларах ӗҫлеттерет, ҫавна пула ҫиччӗмӗш, саккӑрмӗш тата малалли сехетсенче тунӑ продуктсем тӳлемен ӗҫлевӗн продукчӗсем пулса тӑраҫҫӗ те тӳрех капиталист кӗсйине лекеҫҫӗ. Ҫапла вара, капиталист патӗнче ӗҫлесе, рабочи капиталист тӳленӗ ӗҫ вӑйӗн хаклӑхне сӗнӗрен тӑвать ҫеҫ мар, унсӑр пуҫне тата хушӑнакан хаклӑх тӑвать, ку вара малтан капиталист аллине кӗрет, малалла паллӑ экономикӑлла законсем тӑрӑх капиталистсен пӗтӗм класӗ хушшинче валеҫӗнет, ҫӗр рентин, услама, капитал накопленийӗн ҫӑлкуҫӗ,—кӗскен каласан, ӗҫлемен классем усӑ куракан е пухса пыракан мӗнпур пуянлӑхӑн ҫӑлкуҫӗ пулса тӑрать» (ҫавӑнтах, 13—14 стр.).

Эксплуатаци тупсӑмне, рабочисене тара тытса ӗҫлеттерсе буржуази мӗнле майпа хушӑнакан хаклӑх илсе пуйса пынине буржуалла экономистсем ӑнлантарма пултарайман. Ӑна К. Марксна Ф. Энгельс кӑна наука енчен кӑтартса панӑ. Ҫакӑнпа вара буржуази аллинчен икӗпитленсе каламасма май паракан, капитализм вӑхӑтӗнче правӑсемпе тивӗҫлӗхсем пуриншӗн те пӗр тан, интересcем килӗшсе пыраҫҫӗ, тесе икӗпитленсе каласма май паракан юлашки никӗсе туртса илнӗ. Ҫакна тунипе К. Марксна Ф. Энгельс рабочи класс аллине капитализма пӗтермелли питех те ҫивӗч духовнӑй хӗҫпӑшал панӑ.

Хушӑнакан хаклӑх теорине В. И. Ленин Марксӑн экономикӑлла теорийӗнчи чи паха, тӗп вырӑнта тӑракан идейи тесе шутланӑ. Вӑл теори рабочи класпа буржуази хушшинчи ӳссе пыракан хирӗҫӳсен никӗсне ӳтатса парать, ҫав хирӗҫӳсем пурнӑҫрех капитализма революцилле майпа пӗтерессе патне идее пынипе кӑтартса парать.

Кӗнекесене, пуринчен ытла Ф. Энгельс кӗнекине чӑвашла ӑнланмалла сӑмах чӗлхепе куҫарнӑ. Анчах хӑшпӗр вырӑнсене питӗ тӗрӗсех мар е ӑнланмаллах мар куҫарнине тӗл пулатпӑр. Ун пек ҫитменлӗхсем «Тара кӗрӗшнӗ ӗҫлев тата капитал» кӗнекере ытларах.

К. Маркс «Тара кӗрӗшнӗ ӗҫлев тата капитал» произведение 1847 ҫулта ҫырнӑ, терӗмӗр. Буржуалла политэкономие критиклесе хӑйӗн экономикӑлла теорине аталантарса пынӑ май, вӑл ун хыҫҫӑнхи произведенисенче хӑшпӗр ӑнлавсемпе предложенисене улӑштарнӑ. Ф. Энгельс кӗнекен умсӑмахӗнче ҫавӑнпа вӗсене Марксӑн каярахри произведенисенчи пек калама кирлине асӑрхаттарать. Маркс ӑна хӑй те ҫавӑн пек тунӑ пулӗччӗ, тет. Ҫав вырӑна вара «ҫак кивӗ шухӑша хӑйӗн каярахри шухӑшӗпе пӗр калӑпа лартнӑ пулӗччӗ», тесе куҫарнӑ (4 стр.). Ун пек калани Энгельс шухӑшне палӑртмасть.

Рабочи класс тӑвакан продуктсен пӗр пайне капиталистсен класӗ тытса юлать тесе калас вырӑнне—«тытса тӑрать», тесе куҫарнӑ (11 стр.).

Чӑвашла куҫарнине вулакан хак мӗн иккенне ӑнланаяс ҫук: «Таварӑн укҫапа улӑшу хаклӑхне шӑпах ӗнтӗ тавар хакӗ теҫҫӗ» (15—16 стр.). Кунта шухӑшӗ ӑнланмалла тата тӗрӗс пултӑр тесе тӑрӑшса куҫарни мар, форми енчен тӗрӗс пултӑр тесе тӑрӑшни курӑнать. Акӑ тепӗр тӗслӗх. Вырӑсла—«как определяется цена товара», чӑвашла—«тавар хакне епле пӗлеҫсӗ-ха» (18 стр.). Ӑна калама кирлӗ марринe вулакан ҫийӗнчех сисет, мӗншӗн тесен шӑпах ҫав ыйтӑва лартнӑ хыҫҫӑн К. Маркс хаксем стихийлӑн пулса пынипе ӑнлантарса парать.

Уйрӑм сӑмахсене куҫармасӑр сиктерсе хӑварнисене те тӗл пулма пулать. Ф. Энгельс умсӑмахра: «Политическая экономия сталкивается с фактом, что цены всех товаров, в том числе и цена такого товара, который она называет «трудом», непрерывно изменяются», тесе ҫырнине чӑвашла: «Политикӑлла экономи ҫак фактпа тӗл пулать: пур таварсен хакӗсем те пӗрмаях улшӑнса тӑраҫҫӗ», тесе куҫарнӑ (5 стр.). Тепӗр ҫӗрте: Маркс ӗҫ укси пысӑкӑшӗ ӗҫ вӑйне ыйтассипе сӗнесси мӗнле шайлашнине кура улшӑнать, тет, анчах чӑвашла куҫарнине ӗненес пулсан, вӑл улшӑнни «тавар ыйтассипе тавар сӗнессинчен» килет (23 стр.). «Капитал хӑвӑрт ӳсни» тесе калас вырӑнне «капитал ӳсни», тенӗ (42 стр.), ӑна пула автор шухӑшӗ ансӑрланса тухнӑ.

Кун пек ҫитменлӗхсем «Тара кӗрӗшнӗ ӗҫлев тата капитал» кӗнекере татах та пур.

Паха кӗнекесене куҫарса тата редакцилесе кӑларасси ҫине питӗ тӗплӗн пӑхни кирлӗ.

**Г. АЛЕНДЕЕВ.**

*) Ф. Энгельс. «Карл Маркс». Чӑвашгосиздат—1955 ҫул, 16 стр.
К. Маркс. «Тара кӗрӗшнӗ ӗҫлев тата капитал». Чӑвашгосиздат—1955 ҫул, 43 стр.

# ĔÇЕ ЮРАТАКАН ÇАМРĂКСЕМ ÇИТĔНЕÇÇĔ

## Малтанхи утăмсем

Тăван çĕршывăн халăх хуçалăхĕ хăвăртăн аталаннă май, ялхуçалăхĕпе промышленность валли вĕреннĕ кадрсем кирлĕ. Вĕсене хатĕрлесси—пĕтĕмĕшпе пĕлÿ паракан шкул умĕнчи тăракан задача. Çакна шута илсе, пирĕн шкул коллективĕ вĕрентÿпе воспитани ĕçне лайăхлатма тăрăшать. Вĕренекенсене политехникăлла пĕлÿсем парас енĕпе те малтанхи утăмсем турăмăр. Ку тĕлĕшпе пире класс тулашĕнчи ĕçе лайăх йĕркелени, кружоксем организацилени пулăшрĕ.

Пирĕн шкулта çамрăк натуралистсен кружокĕ 1943 çултанпах ĕçлет. Мĕн йĕркеленĕренпех ăна Е. И. Степанова учительница ертсе пырать. 13 çул каялла шкул участокĕнчи çĕр çинче нимĕн те акса туман. Е. Степанова юлташ ертсе пынипе, çамрăк натуралистсем шкул пахчи тавра карта тытса çаврăнчĕç, йывăçсем лартрĕç. Вĕсем тăрăшни сая каймарĕ: тепĕр 5—6 çултан шкул пахчи пĕчĕк вăрман пек ешерсе ларакан пулчĕ. Çамрăк натуралистсен кружокĕн занятийĕсем ачасене ялхуçалăх ĕçне вĕренес, политехникăлла пĕлÿ парассине йĕркелес тĕлĕшпе пысăк пулăшу параççĕ. Халĕ кашни çамрăк натуралист кунта тĕрлĕ сăнавлă ĕçсем тăвать.

Тăваттăмĕш çул ĕнтĕ шкул пахчинче виноград ÿсет. Хĕллехи сивĕсенчен хÿтĕлесе, çамрăк мичуринецсем виноград хуллисене тăпрапа витсе хураççĕ. Иртнĕ çула çанталăк сулхăн пулчĕ пулин те шкул участокĕнчи виноград пиçсе çитрĕ.

Апша юратакан арбуз та нумай çул хушши ĕнтĕ шкул пахчинче аван пулать. Кукурузăна çамрăк натуралистсем 1948 çултанпах акса тăваççĕ, пирĕн таврара та кукуруза вăррисем пулса çитме пултарнине çав çулсенчех кăтартса пачĕç.

Вĕренекенсем вăйĕпе шкул пахчинче 150 улмуççи лартнă. Çимĕç йывăççисене сыпассине нумай çамрăк натуралистсем кружокрах аван вĕренсе çитрĕç. Ку ĕç пурнăçра питĕ кирлĕ, мĕншĕн тесен ачасем хăйсен килĕсенче те çимĕç йывăççисем лартса ÿстереççĕ.

Лайăх ĕçленĕшĕн пирĕн шкул, çамрăк натуралистсен кружокĕ, Е. Степанова учительница тата шкул директорĕ К. Степанов юлташ Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин участникĕсем пулса тăчĕç.

Кашни вĕренекенĕн интересĕсем тĕрлĕ пулаççĕ. Çавна кура эпир шкулта техникăлла кружоксем те йĕркелерĕмĕр. Юлашки вăхăтра радио ĕçне юратакансен тата техника кружокĕсем лайăх ĕçлеççĕ.

Радиокружокра 1948 çултанпа нумай ачасем радио ĕçне вĕренчĕç. Вĕсем детекторлă радиоприемниксем çĕр ытла тунă. Детекторлă радиоприемник тума питех те ансат: наушниксене магазинта туянма пулать, приемникĕн чи кирлĕ пайне — катушкине тума 0,2—0,4 миллиметрлă пăхăр пралук çеç кирлĕ. Халĕ ачасем лампăллă приемниксем те тăваççĕ. Радиоприемника пухнă чухне унăн тĕрлĕ пайĕсене тупă тăхлампа шăратса çыпăçтармалла. Çак ĕçе кружокра вĕренекенсем хăйсемех тăваççĕ, ăна пĕлни ытти ĕçре те, килти хуçалăхра та усăллă. Тепĕр чухне ялта «Родина», «Искра», «Тула», «Луч», «Заря» ятлă приемниксемпе усă курма пĕлмен çынсем тĕл пулаççĕ. Пирĕн радиокружокра вĕренекенсемшĕн ку радиоприемниксене ĕçлеттересси нимех те мар.

Пурне те паллă, детекторлă приемник валли детектор çине лартма кристалл кирлĕ. Ăна тăхланпа кăкăрте пĕрле шăратса та тума пулать, пăхăр е кăкăрт колчеданĕпе те усă курма пулать. Анчах ăçтан тупмалла-ха ăна? Çак ыйтăва ачасем ăнсăртран татса пачĕç. 1949 çулта Чемей вăрманне экскурсие кайсан, ачасем колчедан вырăнне тупнă, халĕ çав колчеданпа хăйсен ĕçĕнче усă кураççĕ.

Радиокружокран вĕренсе тухнă çамрăксем Шупашкарти электромеханика техникумне вĕренме кĕчĕç. Р. Семенов, сăмахран, халĕ радиотехник пулса ĕçлет.

Çамрăк техниксен кружокĕ (руководителĕ В. Иванов учитель) физика урокĕсенче усă курмалли приборсене юсать, çĕнĕрен 20 тĕрлĕ прибор туса хатĕрленĕ. VI-мĕш класра вĕренекен И. Охтаркин пăрахутсем çÿремелли шлюз макетне туса хатĕрленĕ, унпа учитель урокра усă курчĕ. Вĕренекенсем шкул çуртне тата ялти клуба электричество кĕртрĕç.

Çĕнĕ çул елкине хатĕрленнĕ май, электричество ламписене хăй тĕллĕн сÿнсе çутакан прерыватель кирлĕ пулчĕ. Ăна та çамрăк техниксене тума хушрăмăр. Прибор аван ĕçлерĕ, курма пынă аппăшĕ-амăшĕсемпе ачасем çутăлса сÿнекен елка çине пăхса тĕлĕнчĕç.

Пирĕн шкулăн «ЖЭС-4К» ятлă электростанци, «Украина» киноаппарат, электромоторсем, фильмоскоп, верстак, электричество вăйĕпе ĕçлекен сава пур.

Кино ĕçне юратакансем киномеханиксен кружокне пĕрлешрĕç. В. Иванов учитель ертсе пынипе 9 вĕренекен «Украина» киноаппаратпа ĕçлеме вĕренсе çитрĕ.

Шкулти ДОСААФ организацийĕ çумĕнче авиамоделистсен тата телефонистсен кружокĕсем ĕçлеççĕ. Дирекци УНА-Ф-42 ятлă 6 телефон аппаратĕ тата коммутатор илсе пачĕ. Кружок членĕсем шкул çурчĕсене, клуба, электростанцие хăйсемех телефон кĕртрĕç.

Авиамоделистсен кружокне Совет çарĕнчен таврăннă А. Матвеев юлташ ертсе пырать. Ачасем хăйсем тунă самолет моделне вĕçтересе пăхни пĕтĕм шкулшăн пысăк савăнăç пулчĕ.

Пирĕн шкулти кашни учитель урокĕсенче те политехникăлла пĕлÿ памалли майсене тупма усă курма, теорие практикăпа çыхăнтарма тăрăшать. Физика вĕреннĕ май, шкул ачисем районти электростанцире, МТС-а, почтăна, инкубатор станцине тата ытти çĕре кайса курчĕç. Нумай вĕренекенсем шкулти электростанци двигательне ĕçлеттерме вĕренчĕç. Математика вĕрентекен учительсем урокĕсенче ачасене кулленхи пурнăçпа çыхăннă задачăсене шутлаттарма тăрăшаççĕ.

Калас пулать, пирĕн ĕçре халĕ çитменлĕхсем те çук мар-ха. Шупашкарти вĕрентÿ пособийĕсем сутакан магазинта кирлĕ пособисем сахал е пачах çук. Мастерскойĕсем валли кирлĕ инструментсем ăçтан тупса илеймастпăр. Çавна пула программăсенче кăтартнă чылай практикăлла ĕçсене туса ирттермесĕрех хăварма тивет. Политехникăлла вĕрентÿ — учительсемшĕн çĕнĕ ĕç. Çавăнпа ку тĕлĕшпе пирĕн кăштахшах вĕренмелле. Чăваш АССР Çутĕç Министерствине учительсен пĕлĕвне ÿстерес енĕпе ĕçлекен институтăн политехникăлла вĕренĕве тĕрĕс çулпа йĕркелесе яма пулăшмалла. Нумай шкулсем çав пулăшăва кĕтеççĕ.

**Л. СЕРГЕЕВ.**
Тайкалтĕрри çичĕ çул вĕренмелли шкулти вĕрентÿ пайĕн заведующийĕ.

Муркаш районĕ.

---

Хулăсемпе ялсенче ачасемпе çамрăксене пĕтĕмĕшле пĕлÿ паракан вăтам шкулсенче (вунă çул вĕренмелли шкулсенче) тата специальнăй вăтам шкулсенче вĕрентсе пурне те вăтам пĕлÿ парассине тĕпрен илсен пурнăçлас. Пĕтĕмĕшле пĕлÿ паракан шкулта политехникăлла вĕренĕве аталантарса пырас, вĕренекенсене кучухнехи промышленноçпа ялхуçалăх производствин паха отраслĕсемпе паллаштармалла тăвас. Вĕрентессине обществăшăн усăллă ĕç тăвассипе тачă çыхăнтарса пымалла, ÿссе пыракан ăрăва ĕç çине коммунизмла пăхма воспитани памалла.

*(ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС съезчĕ панă Директивăсенчен).*

## ПАХА ПУÇАРУ

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ панă Директивăсем 1960 çулта çĕршывра пĕтĕмпе 11 миллиард пăт тĕштырă туса илме палăртаççĕ. Тĕштырă туса илессине ÿстерес ĕçре кукуруза пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Вăрнар районĕнчи чылай шкулсен коллективĕсем 1955 çулта шкул çумĕнчи участокĕсем çинче тата колхозсен уй-хирĕсенче кукуруза акса ÿстерчĕç. Колхозсен хирĕсенче 85 гектар çине кукурузăна тăваткал тĕмĕн лартнă.

Иртнĕ çул çанталăк условийĕсем япăх пулнă пулин те пысăк тухăçлă кукуруза туса илнĕ. Кĕçĕн Кипекри вăтам шкулта вĕренекенсен бригади, М. Илларионов учитель ертсе пынипе, икĕ гектар çинче «Желтая кремнистая» сортлă кукуруза лартнă, гектар пуçне 518 шар центнер симĕс масса илнĕ. «Осетинская белая зубовидная» сортлă кукурузăн симĕс массине вара икçĕ гектар çинчен гектар пуçне 840-шер центнер пухса кĕртнĕ. Кольцовкăри вăтам шкул, Уппертн, Санарпуçĕнчи çичĕ çул вĕренмелли шкулсен коллективĕсем кукурузăн симĕс массине нумай илнĕ. Чылай шкулсен опытлă участокĕсем çинче пысăк тухăçлă кукуруза çитĕнтернĕ.

Вăрнар районĕнчи учительсемпе шкул ачисем, КПСС XX съезчĕн решенийĕсене хавхаланса, районти колхозсене выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туса кума пулăшас тĕллевпе çакăн пек обязательство илнĕ:

Кашни вăтам шкулăн 5—10 гектар çинче, çичĕ çул вĕренмелли шкулăн 3—5 гектар çинче кашни гектар пуçне 400 центнертан кая мар симĕс масса, 0,5—1 гектар çĕр лаптăкĕ çинчен кашни гектар пуçне 30 центнертан кая мар кукуруза тĕшши пухса кĕртмелле.

Пухса кĕртнĕ симĕс массăран çилĕнчех силос хывмалла, ăна кукуруза тĕшшипе пĕрле колхозсене памалла.

Шкулсен опытлă участокĕсене йĕркелес, ялхуçалăхĕпе практикăлла занятисем ирттерес тĕлĕшпе кăтартуллă участоксем туса хумалла.

Опытлă участоксем çинче районта акма палăртнă чи кирлĕ культурăсене: кукуруза, тулă, йĕтĕн, кантăр, çĕрулми, пахча çимĕçпе бахча культурисене лартса ÿстерес тĕлĕшпе уйрăмах тăрăшса ĕçлемелле.

Вĕренекенсене хăйсен килĕсенчи пахчасенче пысăк тухăçлă пахча çимĕç, улма-çырла йывăççисем лартса тăвас, йывăççем лартас, кайăк-кĕшĕкпе çамрăк выльăхсене пăхса çитĕнтерес ĕçе хутшăнтармалла.

Шкулсенче учительсемпе ачасем хушшинче кукуруза биологийĕпе агротехникине вĕрентес ĕçе йĕркелемелле. Кукуруза тата ытти культурăсен вăрлăхĕсене кирлĕ чухлĕ хатĕрлемелле, органикăллă, минераллă удобренисем, ядохимикатсем уйăрса хумалла, ялхуçалăх инвентарĕсене юсамалла. Вĕренекенсен шкул çумĕнчи участокра, килти пахчара, колхозсенчи обществăлла производствăлла ĕçĕсене учительсем ертсе пымалла. Ку вăл шкулăн вĕрентÿпе воспитани ĕçĕпе çыхăнса тăмалла. Комсомолпа пионер организацийĕсен çак ĕçре хăйсен пуçарулăхне кăтартмалла.

Вăрнар районĕнчи шкул коллективĕсем республикăри мĕнпур шкулсене, ача çуртĕсене, шкул тулашĕнчи учрежденисен коллективĕсене колхозсене пысăк тухăçлă кукуруза лартса тăвас ĕçре пулăшма тата вĕренекенсен ялхуçалăхĕнчи ĕçĕсене тĕрĕс йĕркелессишĕн кĕрешме чĕнеççĕ.



Ÿкерчĕк çинче: КПСС XX съезчĕн делегачĕ Любовь Николаевна Богатырева 1-мĕш вăтам шкулта вĕренекен ачасем хушшинче.

И. Никифоров фотоÿкерчĕкĕ.

---

## Пуçламăш классенчех ĕçе вĕрентме тытăнмалла

Политехникăлла вĕрентĕве пуçламăш шкулсенчех пурнăçлама тытăнмалла. Кăçалтан пуçласа пуçламăш классенче алĕç урокĕсем ирттермелле тунă. Вĕсен тĕллевĕ — ачасене кăткăс мар инструментсемпе ĕçлеме, хутпа, картонпа, йывăçпа, сÿхе тимĕрпе, пралукпа тата ытти çавнашкал материалсемпе усă курма вĕрентесси. Çак урокĕсенче ачасем инструментсене йĕркеллĕ тытма, материалсене перекетлĕ расходлама хăнăхаççĕ. Нумай учительсем, сăмахран, А. Гурьянова (Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Каркăçырминчи пуçламăш шкул), В. Макарова (Сĕмĕрлери 3-мĕш вăтам шкул), В. Брагинăпа В. Суваева (Шупашкарти 7-мĕш вăтам шкул), Е. Семенова (Шупашкарти 1-мĕш вăтам шкул) алĕç урокĕсене лайăх ирттереççĕ.

Çапах та халлĕхе алĕç урокĕсем ирттерессине пур çĕрте те тивĕçлипе хакласси теме çук. Хăшпĕр шкулсен руководителĕсем пуçламăш классене кирлĕ материалпа инструментсем тупса памаççĕ, учительсем хăйсем те алĕç урокĕсене лайăх ирттерессишĕн тăрăшмаççĕ. Ачасен аппăшĕ-амăшĕсене политехникăлла вĕрентÿ тĕллевĕ çинчен ăнлантарса памании те ку ĕçре пысăк чăрмавсем кÿрет. Хăшпĕрисем хăйсен ачисене хут, картон, çилĕм, хачă, йĕпсем, çĕçĕ парасшăн мар. Çав сăлтава пула ĕнтĕ Сĕмĕрле районĕнчи Анат Кăмаша ялĕнчи пуçламăш шкулта алĕç урокĕсем питех те начар иртеççĕ.

Кашни пуçламăш класа опытлă участокра 50 тăваткал метр çĕр лаптăкĕ уйăрса панă. Учитель ертсе пынипе, кунта ачасем, шкул программисенче кăтартнă пек, тăпрана çемçетме, тĕрлĕ культурăсем акса тума вĕренеççĕ, ÿсентăрансен пурнăçĕпе çутçанталăка сăнаççĕ. Юлашки çулсенче республикăри нумай пуçламăш шкулсен опытлă участокĕсем пуянланчĕç, ачасем унта сăвĕпех ĕçлесе пахча çимĕç нумай туса илчĕç. Шупашкар районĕнчи Иллешри, Елчĕк районĕнчи Тускелĕнчи пуçламăш шкулсем ку тĕлĕшпе иртнĕ çул лайăх тĕслĕхсем кăтартрĕç. Анчах уйрăм шкулсем çеç ку ĕçе аван йĕркелени çителĕксĕр. Иртнĕ çул нумай шкулсен опытлă участокĕсене ялăхтарса янăччĕ. Ун пек тĕслĕхсем Хĕрлĕ Чутай районĕнче уйрăмах нумай.

Пуçламăш шкул программисем колхозсемпе МТС-сене, промышленность предприятийĕсене кайса курма, естествознани, географи ыйтăвĕсем тăрăх практикăлла занятисем ирттерме хушаççĕ. Ку тĕлĕшпе вĕрентÿ программисене тултарайман учительсем пирĕн çаплах нумай-ха.

Политехникăлла вĕрентĕве пурнăçлас ĕçри çитменлĕхсем шкулсенче инструментсемпе материалсем сахаллинчен те килет. Чăваш АССР Суту-илÿ министерствипе Чăвашпотребсоюзăн ку тĕлĕшпе ытларах шутласа пăхмалла, магазинсенче алĕç урокĕсенче усă курмалли инструментсемпе материалсем сутассине йĕркелемелле.

Сурхи кунсем часах çитеççĕ, анчах опытлă участоксенче ĕçлеме нумай шкулсен кĕреçесем, кĕреплесем, катмаксем çук. Тепĕр чухне шкулта пысăк кĕреçесем нумай, анчах пуçламăш класра вĕренекен 8—9 çулхи ачана çавăн пек кĕреçепе ĕçлеме йывăр. Вырăнти промышленность министерствипе Чăвашпромсоветăн хăйсен предприятийĕсенче шкулсем валли тĕрлĕрен ялхуçалăх инструменчĕсем туса кăларассине йĕркелемелле.

Пуçламăш классенче политехникăлла вĕрентĕве пурнăçлас тĕлĕшпе пирвайхи утăмсем çеç тунă-ха, çак ĕçе пур майсемпе те лайăхлатса пымалла.

**П. НИКОЛАЕВ.**
Учительсен пĕлĕвне ÿстерес енĕпе ĕçлекен институтăн пуçламăш классен кабинечĕн заведующийĕ.

## Ĕçчен çамрăксем

Карайри çичĕ çул вĕренмелли шкул ачисем тăван колхозра тăрăшса ĕçлеççĕ. Шкулпа колхоз хушшинчи çыхăну юлашки вăхăтра вăйланса пырать.

Нумаях пулмасть 7-мĕш класра вĕренекенсем ĕне витине пулчĕç. Колхозри паллă доярка Васса Иванова вĕсене хăйĕн ĕç опычĕпе паллаштарнă, кукурузăран тунă силоспа тăрантарма пуçланипе ĕнесем иртнĕ çулхинчен сĕт икĕ хут нумайрах пама пуçлани çинчен каласа панă. Колхоз агрономĕ, колхоз председателĕпе бухгалтерĕ вĕренекенсем хушшинче калаçусем ирттернĕ.

6-мĕш класра вĕренекенсем лаша витине кайса курнă, çамрăк тихасене мĕнле пăхса ÿстернипе паллашнă. Тепĕр чухне пионерсен тематикăллă сборĕсене, калаçусене колхоз фермисенче ирттереççĕ.

Шкултан ĕçе юратакан çамрăксем вĕренсе тухнине тата çакă та яр-уççăн кăтартса парать. Пĕлтĕр вĕренсе тухнă А. Хлебнова, К. Харитонова, Е. Максимова колхозра пурăн курчĕ ăрчетес ĕçпе питĕ интересленетчĕç. Халĕ А. Хлебнова коконсем туса илес тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем турĕ. К. Харитонова, вĕреннĕ чухне фермăри çамрăк выльăхсене пăхма ÿркенменскер, сысна фермине ĕçлет. Кăçал вăл 325 ĕçкунĕ тунă.

В. Кошкинпа Н. Ильин шкултах машинăсене юратма пуçланă. Вĕсен ĕмĕчĕ пурнăçланчĕ — иккĕшĕ те трактористсем пулса ĕçлеççĕ.

**П. ГРИГОРЬЕВ.**
Красноармейски районĕнчи «Сталинец» колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ.

### *Шкулсенчен пĕлтереççĕ*

☆ Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Атнарти вăтам шкулта техникăлла кружоксем лайăх ĕçлеççĕ. Кунта кашни класс пÿлĕмне электричество çути кĕртнĕ. Лампăллă радиоприемник пур. Çирĕм детекторлă радиоприемник туса хатĕрленĕ. Вĕренекенсенчен нумайăшĕ киноаппаратпа ĕçлеме хăнăхнă.

☆ Красноармейски районĕнчи Янăсри çичĕ çул вĕренмелли шкулта йывăçран тата металран япаласем тумалли мастерской уçнă. Т. Правдин учитель ертсе пынипе ачасем çил вăйĕпе ĕçлекен двигатель тунă. Çав двигательпе физика урокĕсенче усă кураççĕ.

☆ Калининăри вăтам шкула МТС шефа илсе слесарнăй тата столярнăй мастерскойсем туса панă. Мастерскойĕсенче икĕ станок, тăватă верстак. Ытти инструментсем те çителĕклĕ. 10-мĕш классенче трактор, 9-мĕш классенче комбайн вĕренеççĕ.

---

## Вĕрентĕве производствăпа çыхăнтарассишĕн

Политехникăлла вĕренĕвĕн тĕллевĕ — çамрăксене малашнехи практикăлла ĕçе хатĕрлесси, вĕсене ĕç çине коммунизмла пăхма, туслă-юлташлă пулма воспитани парасси. Çак задачăна ăнăçлăн пурнăçлама шкулсенче çĕнĕ программăсем тăрăх вĕрентме тытăнни паха майсем туса парать.

Кирек хăш предмета илсен те, материалра вĕренекенсене ĕçе хăнăхтарма май паракан ыйтусем пуррине курма пулать. Сăмахран, физика предмечĕ тăрăх лабораторисенче практикăлла опытсем ирттерни, экскурсисене кайса килни вĕрентÿ материалне лайăхрах ăнланса илме тата вĕренекенсене малашнехи ĕçе хăнăхтарма пулăшать.

Ишлейри вăтам шкулта учительсемпе вĕренекенсем тăрăшнипе физика кабинечĕ тунă, ăна тĕрлĕ оборудованипе пуянлатнă. Уроксем яланах интереслĕ, вĕренекенсемшĕн усăллă иртеççĕ, уроксенче час-часах тĕрлĕ опытсем нумай тăваççĕ. Физика законĕсем практикăпа наукăра мĕнле вырăн йышăнса тăни çинчен учительсем вĕренекенсене кашни урокра тенĕ пекех ăнлантарса параççĕ. Вĕреннĕ материалсем нумайăшĕ асра юлччăр тата пĕлÿсемпе пурнăçра лайăхрах усă курма пултăр тесе, учительсем шкул тулашĕнчи ĕçсене вăйлатса пыраççĕ. Шкулта трактор, киноаппарат, мотор пайĕсене вĕренмелли кружоксем ĕçлеççĕ. Техникăлла кружоксем йĕркеленĕ.

А. Любимовпа С. Кожевникова юлташсем вĕренекенсене машина-трактор станцине, «Знамя коммунизма» колхоза экскурсие илсе каяççĕ. Тăххăрмĕш класра, электроэнергие пĕр вырăнтан тепĕр вырăна парса тăрасси çинчен вĕреннĕ чухне Кожевникова юлташ вĕренекенсене МТС-а экскурсие илсе кайнă, унти мастерскойра электроэнергие тĕрлĕ механизмсем патне мĕнле парса тăни çинчен тĕплĕн ăнлантарса панă.

Е тата хими предметне илĕпĕр. Ăна та ялхуçалăх производствипе тачă çыхăнтарса вĕрентме пулать. Çакна Анат Кĕнерти вăтам шкулти И. Крысин учитель опычĕнчен лайăх курма пулать. Вăл, тĕп материала вĕрентнĕ хушăрах, вĕренекенсене кунти «XI лет Чувашии» колхозăн тăпра составне пĕлме пулăшать, йÿçек тăпрана мĕнле извеслемелли çинчен каласа парать. Çавăнпа пĕрлех учитель вĕренекенсене ялхуçалăх культурисене сиенлекен хурт-кăпшанкăсене пĕтерме вĕрентет.

Вăрлăх, тăпра пахалăхĕ, ÿсентăрансене апат парасси, çĕре удобренисемпе çемçетесси çинчен вĕренекенсене V-мĕш класра ботаникăна вĕрентнĕ чухне ăнлантарса памалла. Ку ыйтусене вĕреннĕ чухне материала ялхуçалăх производствипе çыхăнтарма питĕ паха майсем пур.

Çĕнъял Покровскинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулти К. Верендеев учитель çав паха майсемпе пĕлсе усă курать. Тăпра составĕ çинчен вĕрентнĕ чухне вăл «За коммунизм» колхозăн уй-хирĕнчи тăпра составĕ çинчен ăнлантарса панă. Тăпрара минераллă тăварсем пуррине, вĕсем ÿсентăрансене аталанма кирлине кăтартса панă. Çакна май вĕренекенсем çакăн пек вывод тума пултарнă: ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерме çĕре органикăллă тата минераллă удобренисемпе çемçетмелле.

Зоологи вĕреннĕ чухне те практикăлла ĕçсене йĕркелеме лайăх майсем пур. Нумай шкулсенче вĕренекенсем фермăри çамрăк выльăхсене шефа илеççĕ, шкулсенче тĕрлĕ коллекцисем тăваççĕ.

Нумай шкулсенче опытлă участоксенче паха ĕçсем тăваççĕ. Çĕнъял Покровскинчи вăтам шкулта 1950 çулта 0,4 гектар çинче опытлă участок тунă. Унта улмуççисем, çырла йывăççисем лартнă, питомник тунă. Питомникри çамрăк улмуççисене колхозсене кашни çулах нумай сутаççĕ. Иртнĕ çулта культурăллă ÿсентăрансене 50 сорт ытла ÿстернĕ, вĕсенчен нумайăшĕ мичуринла сортсем шутланаççĕ. Шкул çумĕнчи участокра агротехника правилисене çирĕп пурнăçласа пыраççĕ. Çапла майпа вĕренекенсем малта пыракан мичуринла агробиологи çитĕнĕвĕсемпе паллашаççĕ, вĕсемпе ĕçре усă курма кирлĕ хăнăхусем илеççĕ.

Етĕрнекассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкул çумĕнчи участокра та тĕштырă культурисем акса ÿстерес тĕлĕшпе интереслĕ опытсем ирттернĕ. Шкул çумĕнчи участокра хăшпĕр культурăсене районти малта пыракан колхозсенчен те тухăçларах туса илнĕ. Ку шкул 1955 çулта Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкине хутшăнма тивĕçлĕ пулнă.

Шкул ачисем колхозсене кукуруза акса ÿстерес, çĕрулми, пахча çимĕç лартас, сад пахчисем ÿстерес тата ытти ĕçсенче чылай пулăшрĕç. Анаткас Маркари çичĕ çул вĕренмелли тата Ишлейри вăтам шкулти вĕренекенсем колхозсене 50—100-шер тонна силос хывса пачĕç. Мăнаалти çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекенсем çуллахи каникул вăхăтĕнче 5.568 ĕçкунĕ тунă, хăшпĕр çамрăксем 150 яхăн ĕçкунĕ тума ĕлкĕрнĕ. Районти колхозсенче пĕтĕр шкул ачисен вăйĕпе 10 пин тĕп улмуççи лартса хăварнă. Ку тĕлĕшпе уйрăмах Сыпайкассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекенсем лайăх ĕçленĕ. Унта вĕренекен тăхăр ачана тата пионерсен отрядне ВЛКСМ райкомĕ мухтав грамоти парса наградăланă.

Чылай шкулсенче ачасене практикăлла ĕçе хăнăхтарасси кирлĕ пек пулса пымасть-ха. Ку ĕçе шкулсен дирекцийĕсемпе учительсем тивĕçлипе хакламаççĕ. Чылай çĕрте шкул çумĕнчи опытлă участоксенче нимĕнле ĕçсем те тумаççĕ. Тепĕр чухне колхоз руководителĕсем хăйсем те шкул ачисене ялхуçалăх производствине хутшăнтарасшăн мар.

Шкул ачисене практикăлла ĕçе хăнăхтарасси—кулленхи туса пымалли ĕç. Ăна хакламасăр пулмалла мар.

**С. САМСОНОВ.**
**Е. ЕЛЬКИН.**

## Пултаруллă алăсем

Шупашкар ачисемшĕн пионерсен çуртĕ, тăван шкул пекех çывăх. Мĕн чухлĕ савăнăçлă вăйă, интереслĕ ĕç кĕтет вĕсене кунта!

Кунта техникăлла тĕрлĕ специальноçсене вĕрентмелли кружоксем нумай, вĕсем иртнĕ çулхинчен лайăхрах ĕçлеççĕ. Кружокран вĕренсе тухакан кашни пионер хăй пĕлнине юлташĕсене каласа парать. «Хăв вĕрентĕн пулсан, юлташна та вĕрент!»—акă мĕнле задача тăрать унта çÿрекен пионерсемпе шкул ачисем умĕнче.

Расписани тăрăх паян слесарьсен, столярсен, фото тата алĕç кружокĕсен занятийĕсем пулмалла. Мĕн тăваççĕ-ха ачасем хăйсен мастерскойĕсенче?

Слесарнăй кружок мастерскойĕ пысăках мар икĕ пÿлĕме вырнаçнă. Кунта занятисем пуçланман-ха. Кружок руководителĕ Т. Век юлташ çÿлĕксем çинче выртакан тимĕр япаласене тыта-тыта пăхса журнал çине çырать. Пире Т. Век юлташ çапла каласа пачĕ:

— Акă, пăхăр-ха, çак мăлатуксене, циркульсене, угольниксене, алăк хăлăпĕсене, хачăсене ачасем тунă тесен тĕрĕнках ĕненетĕр-и эсир? Малтанах эпĕ хам та ĕненмен пулăттăм. Металпа ĕçлеме пачах пĕлмен ачасемех слесарь ĕçне вĕренчĕç. Çак мăлатука, сăмахран, 1-мĕш вăтам шкулти X-мĕш класра вĕренекен Тамара Боринская тунă. Кружокри хĕрачасенчен вăл чи ăсти. 9-мĕш вăтам шкулти 8-мĕш класра вĕренекен В. Колесников та пысăк çитĕнÿсем турĕ... Пурĕ кружокра тăватă ушкăн, вунпиллĕкшер ача. Тăрăшса ĕçлеççĕ çамрăк слесарьсем. Пурин ĕмĕчĕсене те пĕлместĕп эпĕ, анчах çак кружокра вĕренни ÿлĕмрен производствăра çĕнĕ специальноçа часах алла илме пулăшĕ. Кăçал пирĕн çамрăк слесарьсем шкулсене инструментсем туса пачĕç.

Руководитель тата нумай каласа пама пултаратчĕ, анчах коридорта шăнкрав янăраса кайрĕ, тин çеç урамран чупса килнĕ çамрăксем мастерскоя шавлăн кĕрсе тулчĕç, учителе сывлăх сунчĕç. Кашни хăй вырăнне тĕрсе пысăк мар чертежсемпе паллашма пуçларĕ.

...Çамрăк авиамоделистсем партин XX съезчĕ тĕлне вĕçекен авиамодельсем туса хатĕрлерĕç. Сывлăшра нумай вăхăт хушши вĕçекен модель чи лайăххи шутланать. Лайăх модель тума вĕренесси час пулмасть. Малтанах хутран çыпăçтарса сывлăш шарĕсем, парашютсем, планер моделĕсем тума вĕренеççĕ. Каярахпа вара резина моторлă самолет моделĕсене, механически двигательлĕ вĕçекен машинăсен кăткăс моделĕсене тума та пĕлÿ çителĕклĕ пулать. Çунаттисене тума ансатрах. Фюзеляж тунă чухне вара чăтăмлăх ытларах кирлĕ. Фюзеляжăн кашни пайĕ виçепе тан пулмалла, пĕр-пĕрин çумне тачă çыпăçмалла. Çамрăк авиамоделистсем моделĕн кашни детальне тĕрĕс тăвассишĕн тăрăшаççĕ.

Виçĕ çул хушшинче кружокра пултаруллă авиамоделистсем палăрчĕç. 4-мĕш вăтам шкулти Володя Петухов, 11-мĕш шкулти Коля Филиппов, 1-мĕш вăтам шкулти Жан Данилов тата ытти нумай пионерсем халĕ хăйсен шкулĕсенчи авиамоделистсен кружокĕсенче инструкторсем пулса ĕçлеççĕ.

Паянхи занятие Алексей Тимофеевич Романов пÿлĕмри çăмăл автомашина патĕнче мар, пионерсен çуртĕн автогаражĕнче ирттерчĕ. Кунта «Москвич» ятлă икĕ çăмăл автомобиль пур. Ачасене инструктор ку занятире автомобильпе çÿреме вĕрентес шутпа илсе тухнă. Автомобиль кожухне уçса малтанах вĕсем машинăн шалти пайĕсене аса илчĕç. Сăмах майĕн А. Романов юлташ çĕнĕ конструкциллĕ «Москвич» уйрăмлăхĕсем çинчен те каласа пачĕ. Акă, гараж алăкне уçса çăмăл автомашинăсене килкартине кăларчĕç. Аякран пăхса тăракан çынна çамрăк шоферсем инçе çула хатĕрленнĕ пекех туйăнать. Нумай çулсем иртмĕç, тен, совет транспортĕнче е пысăк стройкăсенче ĕçлекен водительсем пионерсен çуртĕнчи кружокра автомобиль рульне малтанхи хут тытни çинчен, çакăнта машинăсене юратма пуçлани çинчен пĕрре çеç мар аса илĕç.

Екатерина Дмитриевна Степанова чылай çула çитнĕ хĕрарăм. Унăн çÿçĕсем те кăштах шуралнă, пичĕ те пĕркеленнĕ. Кĕçĕн классенче вĕренекен хĕрачасемшĕн пулсан, вăл ертсе пыракан алĕç тата килсурт ĕçне вĕренмелли кружок чи пахи. Ун таврă кирек хăçан та хĕрлĕ галстук çыхнă хĕрачасем йышлăн кĕшĕлтетеççĕ.

Халĕ аслăрах хĕрачасем «Халăхсен туслăхĕ» ятлă пысăк панно валли союзлă республикăсен гербĕсене тĕрлесе пĕтереççĕ. Екатерина Дмитриевна 3-мĕш вăтам шкулти IV-мĕш класра вĕренекен хĕрачасен ĕçĕсене те кăтартрĕ. Вĕсем 1-мĕш класра вĕренекенсем валли азбука тĕрлесе параççĕ. Кружок членĕсем кашни çулах амăшĕсем валли мартăн 8-мĕшĕ ячĕпе парне хатĕрлесси те йăлана кĕнĕ: чылайăшĕ пĕчĕк сумкăсем тĕрлесе тунă.

Ытти кружоксен ĕçĕ çинчен те нумай каласа пама пулать. Акă, аялти хутри чи пĕчĕк пÿлĕмре çамрăк столярсем ĕçлеççĕ. Фотографсен ÿкерчĕкĕсем—тăван хула панорами, чаплă çуртсем, пас тытнă йывăçсем, Атăл хумĕсем хушшинче ишекен пăрахут ытарайми лайăх тухнă. Вуншар киномеханик кружокран вĕренсе тухса халĕ хăйсен шкулĕсенче кино кăтартаççĕ. Радиотехниксене темĕнле системăллă радиоприемник те паллă, вĕсем репродукторсем, радиоузел тума пултараççĕ. «Пултаруллă алăсен» кружокĕ çăка фанерăран чĕнтĕрлесе тунă япаласем ытарайми хитре.

Партин XX съезчĕ хыççăн пионерсен çуртĕн коллективĕ çĕнĕ хастарлăхпа ĕçлет.

Хулари шкулсен, класс руководителĕсемпе учительсен пионерсен çуртĕпе тимлĕрех интересленмелле. Ку вăл пионерсен çуртĕн воспитанилле ĕçĕн пĕлтерĕшне татах та ÿстерме пулăшать. Пĕр-пĕринпе тачă çыхăну, пĕр тĕллев тытса ĕçлесен вăл çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас тĕлĕшпе çитĕнÿсем тума пулать.

**В. ПЕТРОВА.**

### КИТАЙ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИН ГОСУДАРСТВО СОВЕЧĔН ЧЕРЕТЛĔ ПЛЕНУМĔ

ПЕКИН, мартăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Китайри центральнăй хаçатсем Китай Халăх Республикин государство совечĕн ĕнер пулса иртнĕ пĕрлехи ларăвĕ çинчен пĕлтернине пичетлесе кăларнă. Ларура «Ялхуçалăхĕнчи производствăлла кооперативăн примерлă уставĕн проектне» йышăннă. Çак ыйту тăрăх çĕрĕç министрĕ Ляо Лу-янь ăнлантарса каланă. Ларура проекта закон йĕркипе çирĕплетмешкĕн пăхса тухма пĕтĕм Китайри халăх представителĕсен пухăвĕн яланхи комитетне тăратасси çинчен решени йышăннă.

«Ялхуçалăхĕнчи производствăлла кооперативăн примерлĕ уставĕн проектне» малтанлăха сӳтсе явма тата ипла кооперативсенче усă курма Китай Халăх Республикин государство совечĕ иртнĕ çулхи ноябрĕн 10-мĕшĕнче пичетлесе кăларнă. Çак устава пичетлесе кăларни ялхуçалăхне кооперацилессишĕн пыракан юхăма вăйлатас ĕçре пысăк вырăн йышăннă.

Государство совечĕн пленумĕ сӳтĕç министрĕн заместителĕ Дун Чунь-цай ăнлантарса калаnине итленĕ, Китайра хут пĕлменлĕхе пĕтересси çинчен постановлени йышăннă.

### БОЛГАРИРИ ХРЕСЧЕНСЕМ ÇĔРĔÇ КООПЕРАТИВĔСЕНЕ КĔРЕÇÇĔ

СОФИЯ, мартăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Болгари хресченĕсем хушшинче çĕрĕç кооперативĕсем тăвас юхăм анлă сарăлни çинчен хаçатсем пĕлтереççĕ. «Отечествен фронт» хаçат çапла çырать: юлашки вăхăтра Коларовград округĕнче 11.816 хресчен çĕрĕçне пĕрлешсе тумалли кооперативсене кĕме шутлани çинчен пĕлтернĕ. Çак округри нумай ялсенчи хресченсем пурте кооперативсене пĕрлешнĕ. Хальхи вăхăтра округри сухалăса акакан çĕрĕн 80 проценчĕ кооперативсен аллинче.

Юлашки вăхăтра Кюстендиль околийĕнчи 1.400 хресчен, Провода околийĕнчи 2.487 хресчен тата ытти çĕрти хресченсем те хăйсене кооператива илме ыйтса заявленисем панă.

«Земеделско знаме» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çулталăк пуçланнăранпа мартăн 6-мĕшĕччен çĕрĕç кооперативĕсене илме ыйтса 75.619 хресчен заявлени панă. Кăçал Болгарире çĕрĕçне пĕрлешсе тумалли 40 кооператив организациленĕ.

### АЛБАНИРЕ ÇĔНĔ ПРЕДПРИЯТИСЕМ ТĂВАÇÇĔ

ТИРАНА, мартăн 10-мĕшĕ (ТАСС). Албанире промышленность предприятийĕсем тăвас ĕç анлăн сарăлнă. Перрикра, область центрĕ—Эльбасан хули çывăхĕнче, нефте тасатса хатĕрлекен завод туса пĕтереççĕ, ку вăл çĕршыври нефть тасатакан пĕрремĕш завод пулать. Ку предприяти çулталăкра 150.000 тонна нефте тасатса халăх хуçалăхĕ валли пур йышши горючие те ситенĕклĕ туса кăларма пултарать.

Мати юханшывĕн иккĕ çыранĕнче те строительство ĕçĕсем анлăн сарăлнă. Унта республикăри Энвер Ходжа ячĕпе тăракан чи пысăк гидроэлектростанцие тăваççĕ. Çитес çул Албанири промышленность предприятийĕсем валли туса кăларакан электроэнерги хăвачĕ 20.000 киловатт чухлĕ ӳсет. Электростанцие ĕçе янипе çĕршывра энергетикăн пĕрлĕхлĕ системине туса хураççĕ.

Çывăх уйăхсенчех Влорти пулă консервисем тăвакан завод ĕçлеме пуçлать. Çитес вăхăтрах Корчра, Эльбасанра тата Шкодерта улма-çырлапа пахча çимĕçрен консервăсем тăвакан фабрикăсем ĕçе кĕреççĕ.

Кăçал апрель уйăхĕнче Тиранăра пантăк заводĕ тума тытăнаççĕ, ку вăл Албанири пантăк тăвакан иккĕмĕш завод пулать.

### ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИРЕ СОВЕТ СОЮЗĔН ЗАКАЗĔПЕ ТУНĂ РЕФРИЖЕРАТОР

ЛЮБЕК, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Любекри верфьре Совет Союзĕн заказĕ тăрăх «Любеккер-машиненбау А. Г.» фирми тунă «Умань» ятлă рефрижератора шыв çине антарнă.

Рефрижератора шыв çине антарнă чухне унта ССР Союзĕн Федеральнăй Германи Республикинчи посольствин советникĕ М. В. Сенин тата фирма администрацийĕн представителĕсем пулнă. Рабочисем, инженерсемпе техниксем умĕнче фирма директорĕ Шимль сăмах тухса каланă. Çĕнĕ карап туни ССР Союзĕпе Федеральнăй Германи Республики хушшинчи килĕ хутшăнусене çирĕплетме пулăшать, тенĕ вăл.

«Любеккер-машиненбау А. Г.» фирми Совет Союзĕн заказĕ тăрăх 5 рефрижератор тăвать. Иккĕ рефрижератора («Яна» тата «Индигирка» рефрижераторсене) Совет Союзĕн пулă тытакан флотне панă ĕнтĕ.

### ЮГОСЛАВИРЕ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРОИЗВОДСТВИ ӲСЕТ

БЕЛГРАД, мартăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). ТАНЮГ агентстви Союзлă статистика управленийĕн сведенийĕсем тăрăх çапла пĕлтерет: Югославире кăçалхи январь уйăхĕнче, пĕлтĕрхи çак уйăхпа танлаштарсан, промышленность производстви хисепĕ 9 процент ӳснĕ. Хут промышленноçĕн продукци хисепĕ 38 процент, тĕслĕ металсем туса кăларасси 19 процент, металран япаласем тăвакан промышленность продукцийĕн хисепĕ 18 процент, электроэнерги туса кăларасси 13 процент ӳснĕ.



Венгри Халăх Республикинче иртнĕ çул промышленность производстви вăрçĕччени шайран виçĕ хут ытла иртсе кайнă.

Ӳкерчĕк çинче: Будапешт хулинчи Клемент Готвальд ячĕпе тăракан завод пехĕнче гидрогенератор статорне хатĕрлеççĕ.

«Мадьяр фото» фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Совет гражданĕсене Федеральнăй Германи Республикинчен Тăван çĕршыва илсе килесси çинчен ССР Союзĕн Федеральнăй Германи Республикинчи посолĕ В. А. Зорин тунă заявлени

БОНН, мартăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер ССР Союзĕн Федеральнăй Германи Республикинчи посолĕ В. А. Зорин Федеральнăй Германи Республикин Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин статс секретарĕ Хальштейн патĕнче пулса, ăна çапла каланă:

1955 çулхи çулла Мускавра пулса иртнĕ калаçусем вăхăтĕнче ССР Союзĕн правительство делегацийĕ Федеральнăй Германи Республикин делегацийĕ умне Совет Союзĕн кусарса кайнă, халĕ Федеральнăй Германи Республикин территорийĕ çинче пурăнакан гражданĕсене Тăван çĕршыва илсе килесси çинчен ыйту лартнăччĕ. Федеральнăй Германи Республикин правительстви маларах асăннă совет гражданĕсене ССР Союзне илсе килесси çинчен тăракан ыйтăва татса парас ĕçре пулăшма пулнăччĕ.

ССР Союзĕн посольстви тата Совет Союзĕн ку ĕçе пĕлекен влаçĕсем илекен çырусенчен çакă паллă: Тăван çĕршывран тата хăйсен семйисенчен пайăн уйăрнă, халĕ Федеральнăй Германи Республикин территорийĕ çинче пурăнакан совет гражданĕсен ытларахăшĕ йывăр условисенче пурăнать, вĕсен алăнлăх ĕç, пурăнмалли çурт-йĕр, пурăнма кирлĕ япаласем çук. Çапла сăмахран, Богачук гражданка нумай вăхăт хушши Штарнбергра питĕ йывăр условисенче пурăнать, унăн ĕç çук, ăна Тăван çĕршыва тухса килме чарса тăраççĕ; Аверьянов гражданин—ĕçсĕр тăрса юлнă инвалид, вырăн çук тăрать, лазаретра сывалмашкăн тухасне пултараймасть; М. Слепцова гражданка çапла пĕлтерет: ăна Ниренбургра хваттертен кайма ирĕксĕрлесе кăлараççĕ; Пассенхофенра Никаноровсен семйи выçлă-тутлă ĕçсĕр асапланса пурăнать т. ыт. те.

Вĕсен совет посольствине нумай вăхăт хушши çыхăну тытаймаççĕ, Тăван çĕршыва таврăнас ĕçре вĕсен умĕнче йывăрлăхсем тăраççĕ. Кусарса кайнă çынсен лагерĕсенче тата вĕсем пурăнакан вырăнсенче эмигрантсен тăшманла организацийĕсене туса хунă. Çав организацисем совет гражданĕсене тăван çĕршыва таврăнма чарас шутпа киревсĕр пропаганда тăваççĕ, вĕсене хĕнеççĕ тата хĕсĕрлеççĕ. Çапла, сăмахран, Акинишин, Зайтунов гражданĕсемпе ытти нумай гражданĕсене çав организацисен членĕсем тытса хĕненĕ. Л. Осадчая гражданкăна, вăл ССР Союзне таврăнма тахçанах кăмăл тунă пулсан та, Дудерштадтри монастырьте тытаççĕ, ăна каялла таврăнма чарас шутпа хĕсĕрлеççĕ. Тăван çĕршыва тухса килме кăмăл тунăшăн эмигрантсен тăшманла организацийĕсен элекĕ тăрăх Вербицкий гражданина судпа айăпласа хĕсĕрленĕ. К. Маринек гражданина пĕр сăлтавсăрах ĕçрен тухнисен çуртĕнче усраççĕ, вăл хăй чирлĕ марри çинчен, тăван çĕршыва тухса килме тăрăшни çинчен калаççине те пăхмаççĕ.

Кусарса кайнă совет гражданĕсене Федеральнăй Германи Республикин территорийĕ çинчи тĕрмесемпе лагерĕсенче тытса усрани çинчен калакан фактсем те нумай. Тĕрмере ларакан совет гражданĕсенчен юлашки вăхăтра посольство 46 çыру илнĕ, вĕсем хăйсене тăван çĕршыва таврăнма ыйтаççĕ. Сакна асра тытса тата Хĕвеланăç Германи территорийĕ çинче нумай вăхăт хушши Совет Союзĕн дипломатилле представительстви пулман пирки Совет Союзĕн кусарса кайнă гражданĕсемпе çыхăнма тата вĕсене хӳтĕлеме май пулманнине шута илсе, ССР Союзĕн посольстви Федеральнăй Германи Республикин ют çĕршыв ĕçĕсен министерствинчен çапла тумашкăн пулăшма ыйтать:

1. Совет Союзĕн кусарса кайнă, Федеральнăй Германи Республикин территорийĕнче пурăнакан гражданĕсем, çав шутра хальхи вăхăтра лагерьсенче тĕрмесенче ларакан гражданĕсен списокне памалла;

2. Лагерьсенче тĕрмесенче ларакан совет гражданĕсем патĕнче пулма посольство сотрудникĕсене май туса пама;

3. Федеральнăй Германи Республикинче хупса лартнă мĕнпур совет гражданĕсене ирĕке кăларма тата вĕсене Совет Союзне ăсатса яма ыйтать.

Кунсăр пуçне, В. А. Зорин посол Хальштейн статс-секретарьне халĕ Федеральнăй Германи Республикинчи тĕрмесенче ларакан тата хăйсене тăван çĕршыва ăсатса яма ыйтакан 46 совет гражданĕн списокне панă.

## Грецире Англи хушшинчи хутшăнусем начарланса пыраççĕ

АФИНЫ, мартăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Кипр ыйтăвне пула Грецире Англи хушшинчи хутшăнусем ытла та çивĕчленсе çитнĕ. Паллă ĕнтĕ, çак кунсенче Кипр утравĕ çинче Англин колонисен министрĕ Леннокс тата Бойд Макариос архиепископ ирттернĕ ăнăçсăр калаçусем вĕçленнĕ. (Макариос — Кипр утравне Грецирен пĕрлештерессишĕн пыракан юхăмăн руководителĕсенчен пĕри).

Калаçусем вĕçленнĕ хыççăн Макариос архиепископăн Грецие тухса каймалла пулнă. Анчах та ăна тата виçĕ священника аэродромра Англи çарĕн представителĕсем тытса чарнă, унтан, Англин çар самолечĕ çине лартса, Кипр çинчен таçта илсе кайнă. Утрав çинче архиепископ ĕçлесе пурăннă çурта Англи çарĕсем хупăрласа илнĕ.

Кипр утравĕ çинче Грецие телефон тăрăх калаçма чарнă. Грецирен пыракан мĕнпур телеграммăсене тата Греция яракан телеграммăсене пурне те цензура тĕрĕслет. Кипр утравĕ валли Афинăран паракан радиопередачăсене Англи влаçĕсем итлеме чараççĕ.

Макариос архиепископа арестлесе кăларса яни Греци халăхне хытă тарăхтарать. Ĕнер каçхине Греци правительствин ятарласа пухнă ларăвĕ пулса иртнĕ. Лару хупăннă хыççăн Греци ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Спирос Теотокис çапла пĕлтернĕ: Греци правительстви хăйĕн Лондонри посолне каялла чĕнсе илесси çинчен, Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Хăрушсăрлăх Советне протест ярасси çинчен решени йышăнчĕ, тенĕ. Правительство ларăвĕ хыççăн пичетлесе кăларнă пĕлтерӳре çапла каланă: Макариос архиепископа арестлесе кăларса янине правительство сивлет, «ку вăл пирĕн самана цивилизацие хирĕç пыракан ĕç пулса тăрать. Ку вăл демократилле ирĕклĕхсем тата никама пăхăнманлăх ыйтакан халăх сассине хупласа лартма хăтланни пулса тăрать».

Англи влаçĕсен çавнашкал ĕçĕсем пĕтĕм Грецие тарăхтараççĕ. Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Салоникирен пĕлтернĕ тăрăх, Салоникире Англие хирĕçле массăллă демонстрацисем пулса иртнĕ. Демонстрацисем вăхăтĕнче Макариос архиепископа ирĕке кăларма требовани лартнă, 50 çынна яхăн, çав шутра 5 полицейские амантнă.

Ĕнерех Афинăра студентсен демонстрацийĕсем пулса иртнĕ. Англи посольстви умĕнче Греци полицийĕн отрячĕсем хурал тăраççĕ.

### ГРЕЦИРЕ АНГЛИН КИПР УТРАВĔ ÇИНЧИ ВЛАÇĔСЕН ĔÇĔСЕНЕ ХИРĔÇ ПРОТЕСТЛЕÇÇĔ

ПАРИЖ, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Афинăран пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Афины хулинче Англин Кипр утравĕ çинчи влаçĕсем хĕсĕрленине хирĕç протест тăвакансен демонстрацийĕ пулса иртнĕ. Демонстрацире пулнисем паллă мар салтак памятникĕ умĕнче Кипр утравне ирĕке кăларассишĕн малалла кĕрешме тупа тунă.

Демонстраци вăхăтĕнче демонстрантсен ушкăнĕ «Великобритания» ятлă гостиница çине Греци ялавĕсене кăларса çакнă.

ПАРИЖ, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Салоникирен пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Салоникире демонстрантсен ушкăнĕ полицейскисен речĕсем витĕр Англи посольстви патне çĕмĕрсе кĕнĕ, консул Англи ялавне антартăр тесе требовани лартнă. Консул çавăн пек тума килĕшмен. Вара демонстрантсем консультствăна хăйсен аллине çавăрса илме хăтланнă, анчах вĕсене çар чăсĕсемпе броневиксем хăваласа сапатнă.

### ЧЕХОСЛОВАКИ ТЕРРИТОРИЙĔ ТĔЛĔНЧЕ АМЕРИКĂН ÇĔНĔ СЫВЛĂШ ШАРĔСЕМ

ПРАГА, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Америка шарĕсем Чехословаки республикин сывлăшри чиккисем урлă çавсавах вĕçе-вĕçе кĕреççĕ.

Çак кунсенче Чехословакин темиçе облаçĕнче Америкăн сывлăш шарĕсен çĕнĕ ушкăнне тупса сиенсĕрлетнĕ. Вĕсем çинче тăшманла сăмахсем çырнă листовкăсем нумай пулнă. Мартăн 9-мĕшĕнче Мостец районĕнче 3×5 метр пысăкăш минтер формиллĕ шара тупнă. Ун çумне листовкăллă груз çакса янă пулнă. Çав кунах Ческе-Будеёвиц облаçĕнче çавнашкал шарсем тупнă. Шарсем çинче листовкăсем тултарнă груз пулнă.

### ГИ МОЛЛЕ ЛОНДОНА КАЙНĂ

ПАРИЖ, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Паян министрсен совечĕн председателĕ Ги Молле премьер-министрпа Антони Иденпа калаçусем ирттерме Лондона тухса кайнă.

«Журналь де диманш» хаçатăн Лондонри корреспонденчĕ пĕлтернинчен çакă курăнать: Иденпа Ги Молле хушшинчи хальхи калаçусен кун йĕркинче нумай ыйтусем тăраççĕ. Çав шутра: ССР Союзĕпе тытакан çыхăнусем, Çурçĕр Африкăри, Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи, çавăн пекех Индо-Китайри лару-тăру, хĕçпăшалсăрланас ыйту. Корреспондент çакна асăрхатать: ку тĕлпулăва Англи премьер-министрĕ пуçарнипе организациленĕ.

Паллă ĕнтĕ, Ги Моллене Франци ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Пино паллă сăмах тухса каланă хыççăн чĕнсе янă. Çав сăмахра вăл хĕвеланăçĕнчи çĕршывсен политикине хытă критикленĕ.

### ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ĔÇЛЕВ ОРГАНИЗАЦИЙĔН АДМИНИСТРАЦИ СОВЕЧĔН СЕССИЙĔ ХУПĂННĂ

ЖЕНЕВА, мартăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер кунта Пĕтĕм тĕнчери ĕçлев организацийĕн администраци совечĕн 131-мĕш сессийĕ хупăннă.

Совет кун йĕркинче тăракан 27 ыйтăва пăхса тухнă, çав шутра ĕç вăхăтне чакарас ыйтупа экспертсен комиссийĕ тăратнă доклада, самоуправленисĕр территорисенче социальнăй ыйтусем тĕлĕшпе тытса пымалли политика çинчен çырнă доклада, бюджет комитечĕпе администраци комитечĕн доклачĕсене сӳтсе явнă. Сесси Пĕтĕм тĕнчери ĕçлев организацийĕн 1957 çулхи бюджетне йышăннă.

### АРАБСЕН ВИÇĔ ГОСУДАРСТВИН ПУÇЛĂХĕСЕН КАИРТИ КАНАШЛĂВĔ

КАИР, мартăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем çапла пĕлтереççĕ: арабсен виçĕ государстви — Египет, Сири тата Саудовски Арави — пуçлăхĕсен ĕнерхи тĕлпулăвĕнче çак çĕршывсен Багдадри пакта ярăмĕнчи çинчен тăракан ыйтăва малалла пăхса тухнă.

Сири премьер-министрĕ тата ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Гази канашлу участникĕсем хушшинче ĕнер Аммана кайса килнĕ, унта вăл Иордани королĕпе Хусейнпа тĕл пулса калаçнă. Çав кунах Гази Каира таврăннă, хăй Хусейнпа калаçнин результачĕсем çинчен канашлăва пĕлтернĕ.

«Аль-Гумхурия» хаçат çапла çырать: Гази араб государствисен пуçлăхĕсен ячĕпе Хусейна çапла шантарса каланă: Иордание хирĕçле агресси пуçласан е ăна хĕсме хăтлансан, çак виçĕ государство Иорданине пулăшма хатĕр тăраççĕ, тенĕ. Канашлу участникĕсем Иорданине укçа-тенкĕ парса пулăшма хатĕр тăни çинчен çĕнĕрен каланă.

Çапла пĕлтереççĕ: канашлура Çурçĕр Африкăри çĕршывсенчи — империализм пусмăрĕнчен ирĕке тухассишĕн, хăйсен никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешекен çĕршывсенчи — лару-тăру çинчен сӳтсе явнă.

Сири делегацийĕн членĕсем — наци оборонин министрĕ Бармада, Сири çарĕн генеральнăй штабĕн начальникĕ Шукейр ĕнер Дамаска тухса кайнă. «Аль-Гумхурия» хаçат çапла çырать: вĕсем кайни вăл араб çĕршывĕсен оборони енĕпе тумалли ĕçсемпе çыхăнса тăракан ыйтусене сӳтсе явас ĕç вĕçленнине пĕлтерет.

### ФИНЛЯНДИРИ ПĔТĔМĔШЛЕ ЗАБАСТОВКА

ХЕЛЬСИНКИ, мартăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Финляндире вуннăмĕш кун ĕнтĕ пĕтĕмĕшле забастовка пырать. Правительство туса хунă комитет ертсе пынипе предпринимательсен организацийĕпе профсоюзсем хушшинче пуçланнă калаçусем нимĕн те паман.

Профсоюзсен тĕп пĕрлешĕвĕн хаçачĕ «Палккатюэлайнен», забастовка тĕллевĕсем çинчен ăнлантарса парса, çапла çырать: кунта шултра капитал ĕçукçипе пурăнакансене хирĕç пуçласа янă наступление сирсе ярасси çинчен, пурнăçа лайăхлатасси çинчен сăмах пырать.

Забастовка пуçланнă май Хельсинкире рабочисен пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Ĕнер Финляндири профсоюзсен тĕп пĕрлешĕвĕпе забастовка ирттерекен тĕп комитет вырнаçнă çурт умĕнче пулнă пухăва 20 пин çынна яхăн пухăннă. Рабочисем умĕнче строительсен профсоюзĕн председателĕ, забастовка ирттерекен тĕп комитет членĕ Аарне Сааринен, Финляндири профсоюзсен тĕп пĕрлешĕвĕн организаци ыйтăвĕсем енĕпе ĕçлекен секретарĕ Олави Ярвеля сăмах тухса каланă. Хальхи вăхăтри забастовка Финлянди историйĕнче рабочисен ĕç укçине ӳстерессишĕн пуçланă питех те пысăк кĕрешӳ пулса тăрать, тенĕ Сааринен. Вăл забастовка тăвакансем тачă пĕтĕçнине тата пĕр шухăшлă пулнине палăртнă.

## Чăваш совет музыкин концерчĕсем

Композиторсен съезчĕ ĕçленĕ кунсенче Шупашкарта кашни кунах чăваш совет музыкин концерчĕсем пыраççĕ. Концертсен программине иртнĕ сакăр çул хушшинче çырнă чăваш композиторĕсен 112 произведенине кĕртнĕ.

Мартăн 10-мĕшĕнче — съезд уçăлнă кун—икĕ концерт пулчĕ. Малтанхи концертсене итлеме Шупашкар хулинчи ĕçсыннисем нумайăн пухăнчĕç. Итлекенсем хушшинче хăнасем—ССР Союзĕнчи композиторсен Союзĕн представителĕсем З. Компанеец композиторпа Ю. Корев музыковед, Тутар АССР композиторсен организацийĕнчен килнĕ З. Хабибуллин тата Я. Гиршман юлташсем.

Пĕрремĕш концерт программинче хутăш хор валли çырнă произведенисем пулчĕç. Концерт Г. Хирбюн «Парти çинчен хунă юррине» пуçланчĕ (сăмахĕсем П. Хузангайăн). Хаваслăн, çĕкленӳллĕн янăрать совет халăхне тĕрĕс çулпа ертсе пыракан Коммунистсен партине мухтаса çырнă чăваш юрри. Ку юрă хыççăн А. Васильев-Асламасăн «Мир юррине», Г. Лебедевăн «Çамрăксен хорне», Ф. Васильевăн «Парти çинчен хунă юррине» тата Ф. Васильевпа А. Тогаев çырнă «Çамрăксен ташшине» юрласа-ташласа пачĕç. Вĕсенчен уйрăмах А. Васильев-Асламас тата Ф. Васильевпа А. Тогаев çырнă хорсене палăртмалла.

Капелла пек юрламалли хорсенчен Г. Лебедевăн «Атăл çинче», «Колхоз хĕрĕсем», «Çамрăксен сăввисем», А. Токаревăн «Вăйă юрри», «Шăпăр кĕввăн» тата «Çамрăксен такмакĕсем» итлекенсене сав тери хумхантараççĕ. А. Тогаевпа Ф. Васильев çырнă «Атăл» юрра та юратса итлетĕн.

Программăра хор валли илемлетсе йĕркеленĕ чăваш халăхĕн хальхи юррисем те пулчĕç. Вĕсенчен Г. Лебедев йĕркеленĕ «Эх, юррăм янрать», Г. Лисов йĕркеленĕ «Атьăр, хĕрсем, клуба кайăр», тата «Ма ĕçлес мар тăрăшса» юрăсем аван.

Иккĕмĕш концертра—чăвашсен симфониллĕ музыкинчи чи лайăх произведенисем: Т. Фандеевăн «Тăван çĕршыва» поэма, Ф. Васильевăн «Чăваш сюитти», А. Васильев-Асламасăн фортепианопа оркестр валли «Чăваш халăх юррисем тăрăх çырнă рапсодийĕ» тата ыттисем те.

Вырсарникун кăнтăрла пулнă концерта камернăй произведенисенчен йĕркеленĕ. Программăра Т. Фандеевăн, В. Ходяшевăн тата Ф. Васильевăн хĕлĕхлĕ инструментсем валли çырнă квартечĕсем, Ф. Васильев фортепиано валли çырнă сонатăри икĕ пай, Мускаври консерваторире вĕренекен—М. Алексеев сĕрмекупăс валли çырнă пьесăсем, Ф. Лукинăн виолончельпе тата рояльпе каламалли «Поэма», лирикăлла романссем тата ыттисем те пулчĕç. Итлекенсем Г. Лебедевăн тăватă çын юрламалли «Шоферсен квартетне» уйрăмах кăмăлларĕç.

Каçхи концертăн программинче—опера, музыкăллă комеди тата кантатăпа оратори жанрĕсемпе çырнă произведенисем пулчĕç. А. Орлов-Шуçăмăн «Çăлтăр витĕр çул» оперăри сыпăксене, Ф. Васильевăн «Шыв арманĕ» оперинчи хĕрсен хорĕпе Сарпи монологне, Г. Хирбюн «Чечекленĕ çĕршыв» ятлă музыкăллă комедирен «Мичуринецсен хорне», Салампипе Геннадин арийĕсемпе дуэчĕсене юрласа пачĕç.

Çавăн пекех концертра Т. Фандеевăн «Партие мухтав» тата В. Ходяшевăн кантатисем, А. Васильев-Асламасăн «Ленин» ораторийĕ пысăк вырăн йышăнчĕç.

Чăваш совет музыкин концерчĕсене юрăпа ташă ансамблĕ, симфониллĕ оркестр, хĕлĕхлĕ инструментсен квартечĕ (З. Вельский, А. Дуняк, В. Ходяшев, Н. Филиппов), филармони солисчĕсем тата музыка училищин преподавателĕсемпе вĕренекенсем хутшăнчĕç.

Ĕнер филармони залĕнче тата икĕ программăпа чăваш музыкин концерчĕсем пулса иртрĕç.

Ю. ИЛЮХИН.

### Х ă н а с е м  т ĕ п п у л у

Пукалх та пулмасть трактор пайĕсем тăвакан завод строителĕсем чăваш композиторĕсемпе тĕл пулчĕç. Чăваш совет композиторĕсен Союзĕн правленийĕн председателĕ Ф. М. Лукин юлташ строительсене композиторсен ĕçĕсемпе ĕнĕчĕсем çинчен каласа пачĕ. Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕ Г. Лебедев композиторпа Т. Фандеев композитор рабочисене хăйсен пурнăçĕпе творчестви çинчен каласа пачĕç. Чăваш государство филармонийĕн артисчĕсем асăннă композиторсен юррисене пысăк ăсталăхпа юрларĕç.

Строительсем композиторсене чĕререн тав турĕç, ĕçре пысăк çитĕнӳсем тума, татах та лайăх произведенисем çырма ыр сунчĕç.

П. ВАШАВАТ.

### РАДИОПА ПАРАКАН ПЕРЕДАЧАСЕМ

**Вырăнти вăхăтпа**

Вырăнти передачăсене 566 метрлă хум тăрăх параççĕ.

Кашни кунах, тунтикунпа кĕçнерникунсăр пуçне, 8 сехет те 20 минутран пуçласа 8 сехет те 50 минута çитиччен республикăра тухса тăракан хаçатсен обзорĕ. Кунсеренех, вырсарникунсăр пуçне, 18 сехет те 30 минутран пуçласа 18 сехет те 50 минута çитиччен чăвашла çĕнĕ хыпарсем, 19 сехет те 45 минутран пуçласа 20 сехетчен вырăсла çĕнĕ хыпарсем.

**Мартăн 13-мĕшĕнче**

18.50—Тĕнчери лару-тăру ыйтăвĕсем тăрăх хатĕрленĕ передача. 19.05—Шупашкарти трактор валли запаслă пайсем тăвакан завод строительствинчен хатĕрленĕ репортаж. 19.25—«Ялав» журналăн çĕнĕ номерĕн обзорĕ.

### П ĕ л т е р н и

Мартăн 13-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче КПСС XX съезчĕн материалĕсене вĕренекенсем валли: «Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенче экономика мĕçкĕсĕр çĕкленсе пыни» тема тăрăх лекци пулать.

Лекторĕ Л. А. Андреев юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

### Т Е А Т Р

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ТЕАТРĔ. Мартăн 14-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Кай, кай Ивана», мартăн 15-мĕшĕнче—«Юрату вилĕмсĕр». Спектакльсем каçхине 7 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

## СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государство заемĕ

(1951 çулхи кăларăм)

9-мĕш выляра тухнă облигацисене тĕрĕслемелли таблица

Выляв тиражĕ 1956 çулхи мартăн 4-мĕшĕнче Актюбинск хулинче пулнă.

Заемăн мĕнпур разрячĕсенчи серисемпе облигацисен çак номерĕсем çине выигрыш тухнă:

| Серя №№ | Облигаци №№ | Мăçе тенкĕ | Серя №№ | Облигаци №№ | Мăçе тенкĕ | Серя №№ | Облигаци №№ | Мăçе тенкĕ | Серя №№ | Облигаци №№ | Мăçе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| 100126 | 08*) | 1.000 | 104491 | 20*) | 1.000 | 109702 | 19*) | 1.000 | 115296 | 1—50 | 200 |
| 100235 | 1—50 | 500 | 104619 | 04*) | 1.000 | 109720 | 50*) | 1.000 | 115772 | 45*) | 1.000 |
| 100404 | 38*) | 1.000 | 104757 | 1—50 | 200 | 109912 | 38*) | 1.000 | 115867 | 1—50 | 500 |
| 100468 | 40*) | 1.000 | 105004 | 11*) | 1.000 | 109955 | 39*) | 1.000 | 116052 | 1—50 | 200 |
| 100734 | 1—50 | 500 | 105107 | 1—50 | 500 | 109956 | 10*) | 1.000 | 1160[illegible] | 08*) | 1.000 |
| 100834 | 05*) | 1.000 | 105258 | 1—50 | 500 | 110018 | 1—50 | 200 | 116106 | 1—50 | 200 |
| 100848 | 1—50 | 200 | 105264 | 1—50 | 200 | 110105 | 50*) | 1.000 | 116119 | 1—50 | 200 |
| 100901 | 1—50 | 200 | 105608 | 1—50 | 500 | 110122 | 09*) | 1.000 | 116253 | 1—50 | 200 |
| 100948 | 43*) | 1.000 | 105665 | 1—50 | 200 | 110400 | 24*) | 1.000 | 116579 | 1—50 | 200 |
| 101070 | 11*) | 1.000 | 105744 | 1—50 | 500 | 110424 | 1—50 | 200 | 116655 | 05*) | 1.000 |
| 101138 | 1—50 | 500 | 105897 | 1—50 | 200 | 110660 | 23*) | 1.000 | 116656 | 1—50 | 200 |
| 101145 | 15*) | 1.000 | 105974 | 14*) | 1.000 | 110728 | 23*) | 1.000 | 116676 | 1—50 | 200 |
| 101176 | 17*) | 10.000 | 106025 | 1—50 | 200 | 110814 | 1—50 | 200 | 116854 | 1—50 | 500 |
| 101177 | 44*) | 1.000 | 106093 | 06*) | 1.000 | 110863 | 43*) | 1.000 | 116917 | 1—50 | 200 |
| 101232 | 01*) | 1.000 | 106120 | 46*) | 1.000 | 110864 | 43*) | 1.000 | 117022 | 1—50 | 200 |
| 101365 | 34*) | 1.000 | 106366 | 1—50 | 200 | 110868 | 25*) | 1.000 | 117096 | 45*) | 1.000 |
| 101550 | 07*) | 1.000 | 106446 | 07*) | 1.000 | 110947 | 47*) | 1.000 | 117130 | 42*) | 1.000 |
| 101652 | 13*) | 5.000 | 106646 | 1—50 | 200 | 110979 | 49*) | 10.000 | 117332 | 48*) | 1.000 |
| 101804 | 33*) | 1.000 | 106654 | 1—50 | 200 | 111112 | 17*) | 1.000 | 117391 | 1—50 | 200 |
| 101856 | 29*) | 1.000 | 106759 | 03*) | 1.000 | 111116 | 33*) | 1.000 | 117539 | 19*) | 5.000 |
| 101968 | 29*) | 1.000 | 106842 | 1—50 | 500 | 111237 | 15*) | 1.000 | 117561 | 40*) | 5.000 |
| 101986 | 1—50 | 200 | 107106 | 1—50 | 200 | 111241 | 12*) | 5.000 | 117692 | 10*) | 1.000 |
| 102068 | 1—50 | 500 | 107151 | 1—50 | 500 | 111261 | 31*) | 1.000 | 117734 | 16*) | 1.000 |
| 102070 | 43*) | 1.000 | 107448 | 08*) | 1.000 | 111351 | 46*) | 1.000 | 117874 | 06*) | 1.000 |
| 102173 | 09*) | 1.000 | 107559 | 42*) | 5.000 | 111453 | 06*) | 1.000 | 117898 | 42*) | 5.000 |
| 102416 | 34*) | 10.000 | 107582 | 10*) | 1.000 | 111775 | 31*) | 1.000 | 117909 | 09*) | 1.000 |
| 102434 | 17*) | 1.000 | 107675 | 03*) | 1.000 | 111826 | 33*) | 10.000 | 117913 | 11*) | 1.000 |
| 102445 | 1—50 | 200 | 107681 | 1—50 | 200 | 112046 | 02*) | 5.000 | 117970 | 20*) | 5.000 |
| 102694 | 1—50 | 200 | 107731 | 1—50 | 200 | 112094 | 1—50 | 200 | 117992 | 1—50 | 500 |
| 102724 | 07*) | 1.000 | 107814 | 44*) | 10.000 | 112224 | 1—50 | 500 | 118020 | 17*) | 1.000 |
| 102828 | 39*) | 1.000 | 108032 | 48*) | 1.000 | 112416 | 08*) | 1.000 | 118038 | 43*) | 1.000 |
| 102974 | 36*) | 1.000 | 108093 | 30*) | 1.000 | 112535 | 28*) | 1.000 | 118089 | 29*) | 1.000 |
| 103339 | 34*) | 25.000 | 108192 | 04*) | 1.000 | 112618 | 1—50 | 200 | 118181 | 01*) | 1.000 |
| 103431 | 12*) | 1.000 | 108291 | 22*) | 1.000 | 112850 | 25*) | 5.000 | 118337 | 1—50 | 200 |
| 103554 | 1—50 | 500 | 108347 | 1—50 | 200 | 113079 | 1—50 | 200 | 118408 | 1—50 | 500 |
| 103573 | 22*) | 1.000 | 108510 | 15*) | 1.000 | 113581 | 1—50 | 200 | 118583 | 33*) | 1.000 |
| 103616 | 1—50 | 200 | 108691 | 25*) | 1.000 | 113600 | 1—50 | 500 | 118594 | 40*) | 5.000 |
| 103692 | 1—50 | 500 | 108722 | 1—50 | 200 | 113620 | 42*) | 1.000 | 118949 | 01*) | 1.000 |
| 103777 | 01*) | 1.000 | 108738 | 1—50 | 200 | 113794 | 10*) | 1.000 | 118977 | 1—50 | 200 |
| 103857 | 38*) | 1.000 | 108969 | 1—50 | 200 | 114426 | 39*) | 1.000 | 118978 | 1—50 | 200 |
| 103895 | 1—50 | 200 | 109010 | 33*) | 1.000 | 114840 | 39*) | 1.000 | 119047 | 24*) | 1.000 |
| 103918 | 13*) | 1.000 | 109097 | 1—50 | 500 | 114927 | 47*) | 1.000 | 119284 | 28*) | 1.000 |
| 104023 | 01*) | 1.000 | 109132 | 34*) | 1.000 | 114986 | 1—50 | 200 | 119292 | 1—50 | 200 |
| 104157 | 46*) | 1.000 | 109186 | 23*) | 1.000 | 115037 | 1—50 | 500 | 119345 | 08*) | 1.000 |
| 104261 | 17*) | 1.000 | 109297 | 08*) | 1.000 | 115163 | 40*) | 1.000 | 119435 | 1—50 | 200 |
| 104449 | 07*) | 1.000 | 109431 | 22*) | 1.000 | | | | | | |

*) Çак серие кĕрекен облигацисен ытти 49 номерĕ 200-шер тенкĕ выляса илнĕ.

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—2-98, обзорсен пайĕ—6-94, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00072 Типография №1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 946. Тираж 37.000 экз.